ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул
Март
11
ВЫРСАРНИКУН
№ 51 (9730)
Хакĕ 20 пус
39-мĕш çул тухать.

## ПАЯНХИ НОМЕРТЕ:



# КПСС Центральнăй Комитечĕпе ССР Союзĕн Министрĕсен Советĕнче

КПСС Центральнăй Комитечĕпе ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ Ялхуçалăх артелĕн Уставĕ çинчен тата колхоз производствине организацилес, артель ĕçĕсене йĕркелесе пырас тĕлĕшпе колхозниксен пуçарăвне малалла вăйлатасси çинчен тăракан ыйтăва, çавăн пекех колхозниксене кашни уйăхра аванс парасси тата колхозсенче ĕçшĕн хушса тӳлесси çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухнă, ку ыйтусем тăрăх çакăн пек решенисем йышăннă.

## Ялхуçалăх артелĕн Уставĕ çинчен тата колхоз производствине организацилес, артель ĕçĕсене йĕркелесе пырас тĕлĕшпе колхозниксен пуçарăвне малалла вăйлатасси çинчен

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ колхозсен общественнăй хуçалăхне пур майсемпе те аталантарас тата çирĕплетес, ĕç тухăçлăхне малалла ӳстерив нивĕс çинче тата государство колхозсене организаци тата техника енĕпе ытларах та ытларах пулăшса пынă нивĕс çинче ялхуçалăх производствин мĕнпур отраслĕсене хăвăрт вăйлатас, коллективлă хуçалăха вырăнти условисене кура организацилес тата йĕркелесе пырас тĕлĕшпе колхозсемпе колхозниксен хăйсен пуçарăвне аталантарас ĕçе пĕрремĕш вырăна хураççĕ.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви ертсе пынипе пирĕн çĕршывра, индустриализаци никĕсĕ çинче, талккăшпех коллективизаци тунă. Ялта çĕнĕ, социализмлă строй туса хунă, вăл производство никĕсне тата вунăшар миллион хресченсен пурнăçне тĕпренех улăштарса çĕнетрĕ. Çĕршывра сапаланчăк та примитивлă хресчен хуçалăхĕсем вырăнне коллективлă шутра ялхуçалăх производстви туса хунă. Вăл çĕнĕ техникăпа анлă усă курма, малта пыракан наукăн мĕнпур çитĕнĕвĕсемпе усă курма тата таварлă продукци ытларах туса илме май парать. Колхоз строй çĕнĕ, социализмла организаци туса тата ĕç тухăçлăхне ӳстерме, пысăк майсем туса парса совет ялĕнчи мĕнпур ĕçченсем вăлли пуян пурнăç патне пыма анлă çул уçса пачĕ. Коллективлă хуçалăхсем организацилесе, Коммунистсен партийĕпе Совет государстви çакна асра тытрĕç тата халĕ те асра тытаççĕ: артель хуçалăхне тытса пырас ĕçе колхозсемпе колхозниксем активлă хутшăннă чухне тата вĕсем хăйсен пуçарулăхне анлăн палăртнă чухне кăна колхозсенче ĕç тухăçлăхĕ пысăк пулма тата çĕнĕ общественнăй дисциплина малалла çирĕпленме пултарать.

Колхозниксен иккĕмĕш съезчĕ Ялхуçалăх артелĕн Примерлă уставне йышăннă. Çав устав колхоз стройне тĕреклетес ĕçре пысăк вырăн йышăннă. Унта коллективлă хуçалăха йĕркелесе пырас ĕçре çав вăхăт тĕлне пухнă опыта пĕтĕçтернĕ. Устава йышăннăранпа 20 çул ытла иртрĕ. Çак вăхăт хушшинче колхозлă ял пурнăçĕнче пысăк улшăнусем пулса иртрĕç, нумай отраслĕ общественнăй хуçалăх тăвас ĕçре çĕнĕ, пуян опыт пухнă. Колхоз хресченĕсен политикăлла ăнланулăхĕ ӳсрĕ, вĕсем пĕтĕм государство интересĕсене ытларах ăнланакан пулчĕç, рабочи класс ертсе пынипе рабочи класпа хресченсен союзĕ татах та ытларах çирĕпленчĕ. Колхоз производствин çĕнĕ материальнă-техникăлла никĕсне туса хунă.

Хальхи вăхăтра колхозсенче уй-хир ĕçĕсене пĕтĕмĕшпе тенĕ пекех механизацисенĕ, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетнĕ çĕрте тата колхоз производствин ытти отраслĕсенчи ĕçсене ытларах та ытларах механизацилеççĕ. Колхозсемпе машина-трактор станцийĕсем хушшинчи хутшăнусем аналлăнса çирĕпленчĕç. Машина-трактор станцийĕсем халĕ колхозсен общественнăй хуçалăхне вăйлатас ĕçре тĕп вырăн йышăнса тăраççĕ. Çĕршывра колхозсене пысăклатнă. Машина-трактор станцийĕсемпе колхозсене ертсе пыракан кадрсемпе тата специалистсен кадрĕсене çирĕплетнĕ. Халĕ МТС-семпе колхозсене нумай енлĕ пысăк хуçалăха организацилес ĕç ыйтăвĕсене практикăра татса пама пултаракан опытлă работниксем ертсе пыраççĕ. Ялхуçалăх производствине аталантарассишĕн колхозсемпе колхозниксене пурăх енĕпе ытларах хавхалантарас тĕлĕшпе государствăн пысăк та пахă мероприятийĕсене пурнăçласа пыраççĕ. Ялхуçалăхне планламалли çĕнĕ йĕрке тунă, таварлă продукци туса илес тĕлĕшпе государство панă заданисен никĕсĕ çинче пĕтĕм общественнăй хуçалăха вырăнти условисене кура аталантарассине планлама колхозсене хăйсене ирĕк панă. Çакă вăл ялхуçалăхĕнче усă курма юрăхлă çĕрсен кашни 100 гектарĕнчен, продукци пĕр единицине туса илме ĕç вăйĕпе средствăсене сахал расходласа, ялхуçалăх продукцийĕ нумайрах туса илме май парать.

Çак условисенче, колхоз строительстви хăйĕн аталанăвĕн çĕнĕ пусăмне çĕкленнĕ чухне, колхозсен ялхуçалăх производствине малалла вăйлатас тĕлĕшпе çĕнĕ задачăсене татса пама тивнĕ чухне, ялхуçалăх артелĕн Примерлă уставĕ колхозсен нумай енлĕ пурнăçĕпе ĕçĕсене тивĕçтерейместь, чылай чухне общественнăй хуçалăха йĕркелесе пырас ĕçре колхозăн конкретлă условийĕсене килĕшсе тăракан йĕрке тăвас тĕлĕшпе колхозсен пуçарăвне пӳлсе тăрать.

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Советне колхозсемпе колхозниксенчен килсе тăракан нумай çырусенче ялхуçалăх артелĕн Примерлă уставĕн хăшпĕр положенийĕсене улăштарасси çинчен сĕнӳсем тăраççĕ, уйрăмах кил вырăн участокĕ уйăрса памалли йĕркене вĕсен пысăкăшĕ çинчен, колхозник килĕн харпăрлăхĕ пулса тăракан выльăх-чĕрлĕх йышĕ çинчен, колхозсен кĕтӳ кĕтмелли вырăнĕсемпе усă курмалли, ĕçкунĕсен минимумне палăртса памалли, колхозниксене колхозран кăлармалли, тупăшсене валеçмелли йĕрке çинчен, колхозсен правленийĕсен прависене ӳстересси çинчен тăракан ыйтусемпе ытти ыйтусене хускатаççĕ. Колхозниксем тĕрĕс сиппех çапла кăтартса параççĕ: колхозниксен килĕсене ялхуçалăх артелĕн Примерлă уставĕнче палăртса хунă тăрăх, колхозсен ĕçлеме пултаракан членĕсем общественнăй хуçалăхра мĕн чухлĕ ĕçленине пăхмасăрах кил вырăн участокĕсем уйăрса пани колхозсене организацине хуçалăх тĕлĕшĕнчен тĕреклетес задачăсемпе килĕшсе тăмасть. Час-часах ĕçкунĕсем сахал тăвакан вахал колхозниксен, хăш чухне вара колхозра ĕçлĕ çыхăну тытма пăрахнă çынсен те, кил вырăн участокĕсем пысăк, вĕсем колхозсен кĕтӳ ӳсĕретмелли вырăнĕсемпе усă кураççĕ, колхозниксем валли тунă ытти çăмăллăхсемпе усă кураççĕ, çав вăхăтрах колхоз членĕсен чи кирлĕ обязанноçĕсене пурнăçласа пымаççĕ. Юлашкинчен вара çапла пулса тухать: хуçалăха коллективлăн йĕркелесе пырас ĕçĕн результачĕсемшĕн, колхоз государство умĕнчи обязательствăсене пурнăçласа пырассишĕн пĕтĕм ответлăх тӳрĕ кăмăлпа ĕçлекен колхозниксем çине ӳкет, тăрăшман колхозниксем вара артелĕн общественнăй хуçалăхĕнче ĕçлемесĕрех колхозника тивекен мĕнпур çăмăллăхсемпе усă кураççĕ, общественнăй хуçалăха, урăхла каласан, артелĕн мĕнпур членĕсен пĕрлехи интересĕсене сиен кӳрсе, харпăр хăй хуçалăхне ӳстерсе пыраççĕ.

Колхоз производствин пĕтĕм опычĕ çакна кăтартса парать: колхозсен общественнăй производствине пур майсемпе те аталантарса пынипе кăна колхозниксен харпăр хăй ыйтăвĕсене тулликрех тивĕçтерме пулать. Колхозник килĕнчи хуçалăх пулăшакан хуçалăх кăна пулмалла, вăл колхозăн общественнăй хуçалăхĕ халлĕхе çителĕксĕр аталаннă чухне колхозăн общественнăй нушисене те, колхозниксен харпăр хăй ыйтăвĕсене те пĕр вăхăтрах тулли тивĕçтерсе пыма кирлĕ. Ĕçе кашни колхозрах çапла йĕркелемелле: общественнăй хуçалăх пĕрмаях аталанса пытăр, тĕрлĕ йышши ялхуçалăх продукцийĕ нумайрах туса кăлартăр, çапла вара государство валли, колхозсемпе колхозниксем валли çав продукцисене нумайран та нумай хатĕрлеме май пултăр. Пирĕн ялхуçалăх продукчĕсем нумай туса илекен колхозсем сахал мар ĕнтĕ. Ун пек колхозсенче колхозниксем общественнăй хуçалăхран ĕçкунĕсен тăрăх натурăпа тата укçан илекен тупăшсем нумай ӳснĕ, çавăнпа та колхозник Уставра палăртнă чухлĕ пысăк хушма хуçалăх кирлĕ те мар. Çавăнпа та çапла тума тăрăшмалла: мĕнпур колхозсенче общественнăй хуçалăхран колхозниксем илекен тупăш пĕрмай ӳссе пытăр, колхозниксен мĕнпур нушисене, тĕпрен илсен, общественнăй хуçалăх шучĕпе тивĕçтерсе пымалла пултăр, колхоз производствине хутшăннипе колхозниксем илекен тупăш пĕтĕм тупăшăн тĕп пайĕ пулса тăтăр, кил вырăн участокĕ тата унтан илекен тупăшсем вара колхозник ыйтăвĕсене хăшпĕр таран тивĕçтерме пулăштăр, урăхла каласан, колхозник хăйне кирлĕ чухлĕ пахча çимĕç, улма-çырла илсе тăма пултартăр, кил вырăн участокĕсенче колхозниксем хăйсен пурнăçне илем кӳрекен садсем, çырла пахчисем ӳстерме пултарччăр.

Хăйсен çырăвĕсенче нумай колхозниксем çапла тума сĕнеççĕ: колхозниксен кил вырăн участокĕсем мĕн пысăкĕш пулмаллине палăртма, çавăн пекех колхозсен общественнăй хуçалăхне хăвăртрах вăйлатас тата колхозниксен пурнăçне лайăхлатас тĕллевпе колхоз пурнăçĕн ытти ыйтăвĕсене татса пама колхозсене хăйсене право памалла.

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ чылай районсенче вырăнти парти, совет тата ялхуçалăх органĕсем çинчен колхоз демократине пăснисем пулнине палăртнă. Çав органсем колхозсене пĕтĕмĕшле производствăн конкретлă условийĕсемпе тата хуçалăх аталанăвĕн шайĕпе килĕшсе тăман организацилле формăсем тата хуçалăх нормативĕсем йышăнтарнă. Хăш чухне тата колхозсен пурнăçĕн чылай ыйтăвĕсене, — çав шутра бригадăсемпе звеносем организацилес, колхозниксен ĕçне нормăлас, ĕçшĕн тӳлес, бригадирсен тата колхозсенчи тĕрлĕ вырăнсенче ĕçлекен ытти çынсен обязанноçĕсене палăртса парас ыйтусене, — сӳтсе хушнă пек татса панă, чăннипе вара вĕсене кашни хуçалăхăн условийĕсене тĕплĕн шута илнĕ тăрăх татса памалла пулнă. Кашни хуçалăхăн условийĕсене тĕпчесе пĕлнĕ никĕс çинче колхозниксен ĕçне тĕрĕс организацилеме пулăшас вырăнне колхозсене, вĕсен ĕç условийĕсем тĕрлĕрен пулсан та, пĕр пек нормăсемпе хаксем, управлени аппаратне йĕркелемелли пĕр пек нормативсене схемăсем йышăнтарнă.

Нумай работниксем çакăн çинчен манаççĕ: ялхуçалăх артелĕ вăл — харпăр хăй ирĕкĕпе пĕрлешнĕ хресченсен коллективлă хуçалăхĕ, артель продукчĕсене тата пурлăхне артель членĕсем хăйсем тыткалаççĕ, унăн ĕçне совет влаçĕн законĕсемпе, партипе правительствăн решенийĕсене килĕштерсе государствăн, колхозсен тата колхозниксен интересĕсемшĕн кирлĕ пек йĕркелесе пыраççĕ. Çакăн çинчен манса кайса, ун пек работниксем хуçалăха тĕрĕс организацилеме тата йĕркелесе пыма колхозсене вăхăтра канаш памаççĕ, колхозсенчи ĕçсене тĕплĕн тĕпчесе пĕлмеççĕ, кашни хуçалăхăн уйрăмлăхĕсене шута илмеççĕ, колхозсене сахал пулăшаççĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕ тата СССР Министрĕсен Совечĕ çапла йышăннă:

Ялхуçалăх артелĕн Примерлă уставне йышăннăранпа колхозлă ялта пысăк улшăнусем пулса иртнине шута илсе,—унтипа материальнă-техникăлла çĕнĕ никĕс хывнă, коллективлă хуçалăха организацилес тата йĕркелесе пырас тĕлĕшпе пуян опыт пухнă, колхоз хресченĕсен политикăлла ăнланулăхĕ ӳснĕ, колхозсене опытлă кадрсене—кулаçенчен 30 пин çын шучĕпе пынă кадрсемпе тата колхоз хресченĕсем хушшинчен тухнă кадрсемпе çирĕплетнĕ, вĕсем нумай отраслĕ шутра хуçалăха ертсе пыма тата коллективлă хуçалăха ертсе пырас ыйтусене практикăра тĕрĕс татса пама пултараççĕ,—çав условисенче колхозсем колхоз пурнăçĕн ыйтăвĕсене государствăн пĕтĕм халăх интересĕсене, колхозсен общественнăй интересĕсене тата колхозниксен хăйсен интересĕсене шута илсе, хăйсем тĕллĕн татса пама пултараççĕ. КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ, çĕрçпе тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе татăклăн çĕклемелли тĕп задачăна шута илсе, колхозсен вырăнти тата конкретлă условийĕсене шута илсе, халиччен йышăннă ялхуçалăх артелĕн Уставĕн хăшпĕр положенийĕсене хушса çырма тата улăштарма сĕнӳсемпе канашсем пама кирлĕ тесе шутлаççĕ.

Ялхуçалăх артелĕн Уставне тӳрлетӳсем, улшăнусем кĕртнĕ чухне тата хушса çырнă чухне çаксене асра тытни вырăнлă пулнă пулĕччĕ:

Ялхуçалăхне планламалли çĕнĕ йĕркене тĕп вырăна хурса, колхозсене çирĕплетсе панă çĕрпе—ку вăл колхозăн тĕп пуянлăхĕ пулать—тĕрĕсрех усă курмалла, колхозсенче МТС-сен производство хатĕрĕсемпе, ĕç вăйĕпе тулли усă курмалла, укçатенке, пурлăха тата ĕçе усăсăр тăкакласси тата администрацине управлени расхочĕсене чакармалла. Çав никĕс çинче колхозниксен ĕç тухăçлăхне, ялхуçалăх продукчĕсем туса илессине чылай ӳстермелле, ку вăл колхозăн общественнăй хуçалăх тупăшне ӳстермелли тата колхозниксен пурнăçне лайăхлатмалли тĕп çăлкуç пулса тăрать;

Колхозниксен çемйинчи ĕçлеме пултаракан членсен артелĕн общественнăй хуçалăхне хутшăннине кура колхозниксен кил вырăнĕ мĕн чухлĕ пулмаллине палăртмалла. Кил вырăнĕ мĕн чухлĕ пулмаллине палăртнă чухне колхозниксен çемйисен,—вĕсен ĕçлеме пултаракан çынсем пур пулсан, анчах колхозра ĕçлемесçĕ е артелĕн общественнăй хуçалăхне çителĕксĕр хутшăнаççĕ пулсан,—çав çемьесен кил вырăнĕ колхозра тӳрĕ кăмăлпа ĕçлекен колхозниксен çемйисен кил вырăнĕсенчен пĕчĕкрех пулмалла. Анчах уи чухне кил вырăнне колхозăн общественнăй çĕрĕ шучĕпе пысăклатма юрамасть, пачах урăхла, кил вырăнне пĕчĕклетме тăрăшмалла, мĕншĕн тесен МТС-сен техника нумай пулнă чухне тата ĕçе анлăн механизациленĕ чухне çĕрпе общественнăй хуçалăхра усă курни усăллăрах, çавна май колхозниксем те тупăш ытларах илеççĕ;

Колхозниксен хуçалăхĕсенче мĕн чухлĕ выльăх-чĕрлĕх пулмаллине вырăнти условисене шута илсе палăртмалла. Çакна асра тытмалла: ялхуçалăх артелĕн Примерлă уставĕ тăрăх выльăх-чĕрлĕх ĕрчетесси аталаннă çĕрçлĕ районсен шутне кĕртнĕ чылай районсенче тата выльăх-чĕрлĕхе вырăнтан вырăна куçарса ĕрчетес пурăннă районсенче юлашки вăхăтра хуçалăх аталанăвĕнче пысăк улшăнусем пулнă. Çавна май колхозниксен хуçалăхĕсенче малтанхи вăхăтра палăртнă чухлĕ выльăх-чĕрлĕх усрама кирлĕ мар пулĕ;

Ĕçкунĕсен обязательнăй минимумне колхозăн общественнăй хуçалăхĕнче мĕн чухлĕ ĕç тумаллине шута илсе палăртмалла, çавăн пекех ĕç нормисене тата ĕçкунĕ хакĕсене механизаци шайĕ мĕнле пулнине тата тӳрĕ кăмăлпа ĕçлекен колхозниксем ĕç нормине мĕн чухлĕ тултарса пынине, ĕçкунĕсене перекетлĕ расходлама кирлине шута илсе палăртмалла;

Колхозăн общественнăй производствине аталантарассишĕн колхозниксене пурлăх енĕпе хавхалантармалли принципа анлăн усă курмалла, артель хуçалăхĕнче лайăх ĕçлекенсене хавхалантармалла, колхозниксене кашни уйăхрах аванс памалла. Çак тĕллевпе кусса пыракан натурăпа укçа-тенкĕ фончĕсем тумалла. Ку вăл колхозсенче ĕç тухăçлăхне ӳстерме пулăшакан питĕ паха ĕç пулать.

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ колхозсене çапла тума сĕнчĕ: МТС-сенче яланах ĕçлекен тата колхозсенче пурăнакан трактористсен, трактор бригадирĕн ытти рабочисен кил вырăнĕ колхозниксен кил вырăнĕ чухлĕ пулмалла. Трактористсен тата МТС-сенчи яланхи рабочисен çемйисенче ĕçлеме пултаракан çынсем колхозра палăртнă чухлĕ ĕçкунĕсен минимумне тултармасан, колхозниксен пĕрлехи пухăвĕ йышăннă тăрăх, вĕсен кил вырăнне пĕчĕклетме пултараççĕ.

Ялхуçалăх артелĕн Уставне тӳрлетӳсем, улшăнусем кĕртсен тата хушса çырсан, ăна колхозниксен пĕрлехи пухăвĕнче йышăнсан тата райисполкомра регистрацилесен, çав Устав ялхуçалăх артелĕн ĕçĕнче тĕп закон пулса тăрать, ăна çав колхозăн мĕнпур членĕсем çирĕппĕн пăхăнса тăмалла.

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ çапла шутлаççĕ: колхозниксен пĕрлехи пухăвĕсем артель членне колхозран кăларасси, кил вырăнне пĕчĕклетесси çинчен тата ытти хăшпĕр ыйтусем тăрăх йышăннă решенисене райисполкомсем ялхуçалăх артелĕн членĕсене пĕлтермесĕрех пăрахăçлани тĕрĕс мар. Ку вăл калах колхозниксене пĕтĕм коллектив шухăшĕпе тата интересĕсемпе килĕшмесĕр тăма май парать, пĕрлехи пухусен пĕлтерĕшне чакарать, йышăннă решенисемшĕн колхозниксен ответлăхне пĕчĕклетет. Çавăнпа та колхозниксем хăйсене колхозран кăларни, вĕсен кил вырăнне пĕчĕклетни çинчен тата ытти ыйтусем тăрăх райисполкома панă жалобăсене колхозниксен пĕрлехи пухăвĕсенче тепĕр хут пăхса тухни лайăхрах пулмалла, çав пуху йышăннă решени вара татăклă решени пулнă пулĕччĕ.

Чылай колхозсенче, уйрăмах хула çывăхĕнчи колхозсенче, тӳрĕ кăмăлсăр колхозниксем тата колхозлă поселоксенче пурăнакан хăшпĕр çынсем общественнăй-производствăлла ĕçе хутшăнмаççĕ, урăхла каласан, колхозсенче, государство предприятийĕсемпе учрежденийĕсенче е кооперативлă тата общественнăй организацисенче тăтăмах ĕçлемеççĕ, анчах вĕсем тӳрĕ кăмăлпа ĕçлекен колхозниксемпе пĕр тан условисенче пурăнаççĕ. Ун пек çынсене кил вырăнĕ, выльăх ӳсĕретмелли вырăн тата улăх-çаран пама кирлине кирлĕ марри çинчен колхозсем хăйсем татса пани тĕрĕс пулнă пулĕччĕ.

(Юлашки 2-мĕш страницăра).

*СССР Министрĕсен Советĕнче*

## Рабочисемпе служащисем валли канмалли кунсем тата праçниксем умĕнхи кунсенче ĕç кунне кĕскетесси çинчен

СССР Верховнăй Совет Президиумĕ 1956 çулхи мартăн 8-мĕшĕнче кăларнă Указпа килĕшӳллĕн, СССР Министрĕсен Совечĕ çапла йышăннă:

1. 1956 çулхи мартăн 10-мĕшĕнчен пуçласа предприятисенче, учрежденисенче тата организацисенче ĕçлекен рабочисемпе служащисем валли канмалли кунсем тата праçниксем умĕнхи кунсенче яланхинчен икĕ сехет кĕскетнĕ ĕç кунĕ, урăхла каласан, 6 сехетлĕ ĕç кунĕ тăвас.

Хальхи вăхăтра кунне çичĕ сехет ĕçлекен рабочисемпе служащисем валли те канмалли кунсем тата праçниксем умĕнхи кунсенче 6 сехетлĕ ĕç кунĕ тăвас. Кунне ултă сехет тата унтан та сахалтарах ĕçлекен çынсем валли канмалли кунсем тата праçниксем умĕнхи кунсенче ĕç кунне улăштарас мар.

Канмалли кунсем тата праçниксем умĕнхи кунсенче ĕçлеме яланхи вăхăтра тытăнмалла тата предприяти, учреждени, организаци администрацийĕ профсоюзсен фабрикăри, заводри тата вырăнти комитечĕсемпе килĕшсе апат çиме перерыв тумасăрах ĕçлемелле тума пулать.

2. Производство пĕр вĕçĕмсĕр пулса пынă çĕрте, çавăн пекех тата производство условийĕсене кура канмалли кунсем тата праçниксем умĕнхи кунсенче ĕç кунне кĕскетме май килмен уйрăм отраслĕсенче е уйрăм ĕçсенче ĕçлекен рабочисемпе служащисене, канмалли кунсем тата праçниксем умĕнхи кунсенче 8-шар сехет ĕçленĕ пулсан, çавăн пек ĕçленĕ кашни 4 кунăшăн хушса пĕр канмалли кун памалла.

Хăшпĕр сезонлă ĕçсенче ĕçлекенсене, сезон вăхăтĕнче канмалли кунсем хушса пама май килмест пулсан, тепĕр чухне пĕтĕм сезон вăхăтĕнчи çавăн пек кунсене шутласа пырса, канмалли кунсем сезонсем хушшинчи тапхăрта хушса пама пулать.

Çак пунктра кăтартнă компенсацие пама пултаракан уйрăм ĕçсен тата отраслĕсен списокне союзлă республикăсен Министрĕсен Совечĕсем, çавăн пекех тата союзлă, союзлă-республикăллă министерствăсен министрĕсем тивĕçлĕ профсоюзсен центральнăй комитечĕсемпе килĕшсе тăваççĕ.

3. Рабочисемпе служащисене канмалли кунсем тата праçниксем умĕнхи кунсенче ĕçленĕ ĕçшĕн тӳлеме çакăн пек йĕрке тăвас:

а) вăхăт тăрăх тӳленĕ çĕрте ĕç укçи пĕтĕм ĕç кунĕшĕнех тӳлемелле;

б) сдельнăй ĕçленине кура тӳленĕ çĕрте ĕç укçи пурнăçланă ĕçе кура тӳлемелле. Çапла тунă май, предприятисен руководителĕсен, канмалли кунсем тата праçниксем умĕнхи кунсенче ĕç вăхăтне кĕскетнине пула рабочисен уйăхри ĕç укçи ан чактăр тесе, производствăпа ĕçе организацилессине лайăхлатса, ĕç вырăнне лайăхрах организацилесе, ĕçсĕр тăрассине тата ĕç вăхăтне ытти майсемпе усăсăр тăкакланине пĕтерсе, рабочисене тухăçлăрах ĕçлеме условисем туса памалла.

4. Министерствăсен, ведомствăсен, предприятисен тата организацисен руководителĕсене кĕскетнĕ ĕç кунĕ çине куçас тĕлĕшпе тивĕçлĕ ĕçсем туса ирттерме хушас. Çав ĕçсене министерствăсемпе ведомствăсем тăрăх çирĕплетнĕ ĕç укçи фончĕсен шучĕпех, çавăн пекех тата производствăпа ĕçе организацилес ĕçри çитменлĕхсене пĕтернĕ, шалти резервсемпе тулликрех усă курнă тата штатсенчи ытлашши единицăсене пĕтернĕ никĕс çинче производство, ĕç тухăçлăхĕ тата продукци хăйне ларакан хакĕ енĕпе панă заданисене пĕтĕмпех пурнăçлас тĕллевпе тумалла.

5. Министерствăсемпе ведомствăсен руководителĕсене, çавăн пекех вырăнти организацисене канмалли кунсем тата праçниксем умĕнхи кунсенче ĕççыннисен ыйтăвĕсене тивĕçтерес тĕлĕшпе хула çывăхĕнчи тата вырăнти транспорт, столовăйсен, сутуиму тата коммунальнăй предприятисен, культурăпа çутĕç учрежденийĕсен, театрсен, çавăн пекех ача, сывлăх учрежденийĕсен тата ытти учрежденисемпе организацисен ĕçĕн режимне улăштарас тĕлĕшпе кирлĕ ĕçсем туса ирттерме хушас.

## Н. А. Булганинпа Н. С. Хрущев Великобритание каясси çинчен

Великобритани премьер-министрĕ сэр Антони Иден кăçалхи çуркунне Пĕрлешӳллĕ Королевствăна пырса курма чĕннипе СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганин тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Членĕ Н. С. Хрущев йышăнни çинчен совет хаçачĕсенче пĕлтернĕччĕ.

Хальхи вăхăтра çакăн çинчен калаçса татăлнă: Н. А. Булганинпа Н. С. Хрущев Великобритание апрелĕн 18-мĕшĕнче пыраççĕ те унта вунă кун хушши пулаççĕ.

(ТАСС).

*Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Указĕ*

## ЧĂВАШ АССР-ĕнчи ФИЗКУЛЬТУРНИКСЕНЕ ЧĂВАШ АССР ВЕРХОВНĂЙ СОВЕТ ПРЕЗИДИУМĔН ХИСЕП ГРАМОТИПЕ НАГРАДĂЛАССИ ÇИНЧЕН

Республикăра физкультурăпа спорт ĕçне аталантарма активлă хутшăннăшăн Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Хисеп грамотипе наградăлас:

1. Евгений Алексеевич Бертницине — Шупашкарти электроаппаратура завочĕн технологне.

2. Серафим Владимирович Григорьева — Елчĕк районĕнчи «Пахарь» колхозри колхозника.

3. Виктор Григорьевич Захарова — Етĕрне районĕнчи «Парижская коммуна» колхоз председательне.

4. Аркадий Григорьевич Улангина — Чăваш государство педагогика институчĕн студентне.

5. Николай Александрович Чуманова — Шупашкарти çамрăксен спорт шкулĕн тренерне.

6. Генриетта Михайловна Юрьевăна — Вăрмар районĕнчи Кавалти вăтам шкул преподавательне.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ Д. МИТЬКОВ.
Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕшĕн О. РУСИНА.

Шупашкар хули, 1956 çулхи мартăн 8-мĕшĕ.

## РЕСПУБЛИКĂРИ РАЙОНСЕМ ТĂРĂХ 1955 ÇУЛХИ ОКТЯБРĔН 1-мĕшĕнчен ПУÇЛАСА 1956 ÇУЛХИ МАРТĂН 1-мĕшне ÇИТИЧЧЕН МĔН ЧУХЛЕ АШ ТУСА ИЛНИНЕ ТАТА 1956 ÇУЛХИ 1-мĕш КВАРТАЛШĂН АШ ПАНИПЕ СУТНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА

| Районсем | 100 гектар çĕр пуçне аш туса илнĕ (центнерпа) | Вăл шутран сысна ашĕ (центнерпа, сухалакан 100 гектар çĕр пуçне) | 1956 çулхи 1-мĕш квартала государствăна аш панă тата сутнă (%-па) | Районсем | 100 гектар çĕр пуçне аш туса илнĕ (центнерпа) | Вăл шутран сысна ашĕ (центнерпа, сухалакан 100 гектар çĕр пуçне) | 1956 çулхи 1-мĕш квартала государствăна аш панă тата сутнă (%-па) |
|---|---|---|---|---|---|---|---|
| Вăрнар | 13,5 | 7,0 | 47,0 | Чурачăк | 8,1 | 4,8 | 44,5 |
| Ишлей | 11,0 | 4,9 | 61,1 | Канаш | 8,1 | 4,2 | 55,1 |
| Красноармейски | 10,6 | 6,0 | 63,8 | Вăрмар | 7,9 | 3,4 | 37,0 |
| Шăхасан | 10,6 | 4,7 | 52,8 | Шупашкар | 7,7 | 3,9 | 39,9 |
| Çĕрпӳ | 10,2 | 6,0 | 47,3 | Советски | 7,7 | 4,9 | 33,3 |
| Елчĕк | 10,2 | 5,2 | 78,2 | Улатăр | 7,6 | 4,0 | 47,7 |
| Çĕмĕрле | 9,9 | 5,0 | 58,4 | Сĕнтĕрвăрри | 7,3 | 3,5 | 45,7 |
| Калинино | 9,7 | 5,6 | 40,0 | Первомайски | 7,1 | 3,9 | 32,5 |
| Муркаш | 9,5 | 5,9 | 42,2 | Октябрьски | 7,0 | 3,3 | 39,2 |
| Чкаловски | 9,5 | 4,2 | 38,4 | Хĕрлĕ Чутай | 7,0 | 2,9 | 29,6 |
| Тăвай | 9,4 | 5,0 | 76,6 | Йĕпреç | 6,7 | 2,7 | 32,7 |
| Етĕрне | 9,2 | 5,6 | 40,8 | Пăрачкав | 6,3 | 3,0 | 40,8 |
| Комсомольски | 9,0 | 4,7 | 47,7 | Куславкка | 5,3 | 2,3 | 40,2 |
| Элĕк | 8,3 | 4,8 | 63,5 | Шăмăршă | 4,6 | 1,7 | 29,7 |
| Сĕнтĕр | 8,3 | 3,7 | 42,6 | Кувакино | 3,9 | 1,8 | 41,4 |

# КПСС Центральнăй Комитечĕпе ССР Союзĕн Министрĕсен Советĕнче

(Юлашки. Пуçламăшĕ 1-мĕш страницăра).

Темиçĕ иххва пĕрлештерсе тăракан пысăк колхозсенче колхозниксен пĕрлехи пухăвĕсене ирттерме кансĕр пулнине шута илсе, çапла туни усăллă пулнă пулĕччĕ: колхоз пурнăçĕн ыйтăвĕсене ăçта пăхса тухасси тата тата парасси çинчен вырăнти условисене кура колхозсен хăйсен йĕркелемелле. Çав ыйтусене е пĕрлехи пухусенче, е колхозниксем суйланă уполномоченнăйсен, доверреннăй çынсен пухăвĕсенче, е бригадăсенчи пухусенче сӳтсе явмалла.

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ райкомсене, обкомсене, крайкомсене тата союзлă республикăсенчи компартисен Центральнăй Комитечĕсене, райисполкомсене, облисполкомсене, крайисполкомсене, автономлă тата союзлă республикăсен Министрсен Совечĕсене çакăн çинчен асăрхаттарнă: колхоз производствине организацилес тата артель ĕçне йĕркелесе пырас тĕлĕшпе колхозниксен пуçарулăхне малалла вăйлатни колхозсенче ĕçсем мĕнле пынишĕн парти, совет тата ялхуçалăх органĕсен ответлăхне чакармасть, пачах урăхла, ответлăха ӳстерес, ята политикăлла тата организаторла ĕçе вăйлатма, колхозниксен творчествăлла активлăхне ӳстерме, социализмла ялхуçалăхĕн мĕнпур вăйĕсемпе майĕсене ĕçе яма тата кашни колхозра ĕçсем мĕнле пынишĕн вĕсен кадресен ответлăхне ӳстерме хушать.

## Колхозниксене кашни уйăхра аванс парасси тата колхозсенче ĕçшĕн хушса тӳлесси çинчен

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ юлашки çулсенче колхозсен укçа-тенкĕ тупăшĕ ӳснине тата колхозниксене ĕçкунĕ тăрăх укçа нумайрах валеçме тытăннине палăртнă. Анчах колхозсенчи хальхи вăхăтри практика — тупăшсен ĕçкунĕсем тăрăх валеçмелли тĕп пайне колхозниксене хуçалăх çулĕ вĕçленсен çеç пани ялхуçалăх продукчĕсем туса илессине ӳстерме çителĕксĕр пулăшать тата обществăлла хуçалăха аталантарассишĕн колхозниксене пурлăх тĕлĕшĕнчен хавхалантарассине малалла вăйлатса пырас задачăсемпе килĕшсе тăмасть.

Нумай колхозсем тупăшсене валеçмелли прогрессивлăрах системăпа усă курассĕ, обществăлла хуçалăхра ĕçлесе тунă мĕнпур ĕçкунĕсем тăрăх колхозниксене кашни уйăхра аванс параççĕ. Колхозниксене аванс парса тăма колхозсем куçса пыракан укçа-тенкĕ тата апат-çимĕç фончĕсем тăваççĕ.

Колхозниксене кашни уйăхра аванс парса тăни колхозсенче ĕç тухăçлăхне ӳстерессишĕн хавхалантармалли пысăк май пулса тăрать, ĕçкунĕн пĕлтерĕшне пысăклатать тата колхозниксен обществăлла хуçалăха аталантарассишĕн тăрăшас интересне ӳстерет.

Колхозниксене ĕçшĕн хушса тӳлемелли хальхи йĕркене улăштарма та вăхăт çитрĕ ĕнтĕ. Халĕ, колхозсем государствăпа колхозсен пĕтĕмĕшле интересĕсене шута илсе, хăйсен хуçалăхне аталантармалли плансене хăйсем тунă вăхăтра, ĕçшĕн хушса тӳлемелли хальхи вăхăтри йĕрке — плана ирттерсе тултарнăшăн облаçри, крайри тата республикăри мĕнпур колхозсенче, производство шайне тата кашни колхозăн уйрăмлăхĕсене шута илмесĕр, пĕр пек виçепех ĕçшĕн хушса тӳлени — колхозсен пуçарулăхне пӳлсе тăрать, вăл е ку отраслĕре план тăрăх паракан заданисене ирттерсе тултаракан тӳрĕ кăмăллă колхозниксене хавхалантарма пулăшмасть.

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ çапла шутлаççĕ: хальхи вăхăтра, колхоз производствин мĕнпур отраслĕсене татӑлан çĕнĕлле вырăнлă условисем тунă, колхозсем организаци тĕлĕшĕнчен çирĕпленнĕ тата вĕсен коллективлă хуçалăха тытса пыма çителĕклĕ опыт пухăннă вăхăтра, ĕçшĕн хушса тӳлемелли унччен сĕннĕ йĕркепе виçесене пăрахăçлама вăхăт çитнĕ. Ялхуçалăх продукчĕсем туса илесси ӳссе тата колхозсен тупăшĕсем пысăкланса пынă май колхозниксене ĕçшĕн тӳлесси ӳснĕçемĕн ӳссе пырать, çавăнпа та ĕçшĕн хушса тӳлесси ĕçе лайăх тунăшăн хавхалантармалли форма пулса тăмалла.

Халĕ планламалли çĕнĕ йĕрке тăрăх колхоз хăй, мĕнпур майсемпе туллирех усă курассине шута илсе, колхоз производствине планлать тата йышăннă план тăрăх бригадăсене (звенисене), выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре тата хуçалăхăн ытти отраслĕсенче ĕçлекен колхозниксене заданисем парать. Çак условисенче хăйсен пĕлĕвĕсене ӳстерсе, творчествăлла пуçарулăхне кăтартса тата малта пыракан опыта, прогрессивлă меслетсене колхоз производствине кĕртсе пырса, колхоз планĕпе палăртнă заданисене ирттерсе тултаракан тата хăйсен лайăх ĕçĕпе ялхуçалăх продукцине ытларах туса илекен колхозниксене, специалистсене тата МТС-сенчи трактор бригадисен работникĕсене ĕçшĕн хушса тӳлемелле. КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ çапла тусан тĕрĕсрех пулать тесе шутлаççĕ: ялхуçалăх культурисемпе выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илмелли плансене ирттерсе тултарнăшăн колхозниксене, бригадăсене (звенисене), МТС-сен трактор бригадисен работникĕсене, специалистсене, колхозсене ертсе пыракан çынсене ĕçшĕн хушса тӳлессине колхозниксен пĕрлехи пухăвĕсем йышăнмалла тата çирĕплетмелле. Хушса тӳлемелли виçене тунă чухне уй-хир ĕçĕнче, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре тата ялхуçалăхĕн ытти отраслĕсенче бригада (звено) тунă ĕçĕн шайне шута илмелле, çав вăхăтрах колхоз производствин мĕнпур отраслĕсенче ĕçлекен колхозниксене пĕр пекех хавхалантармалли принципа та пăхăнса тăмалла.

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ çапла йышăннă:

Обществăлла хуçалăха аталантарассишĕн колхозниксене пурлăх тĕлĕшĕнчен хавхалантарассине малалла вăйлатас шутпа колхозсене çапла тума сĕнес: колхозниксен пĕрлехи пухăвĕсем йышăннă тăрăх обществăлла хуçалăхăн мĕнпур отраслĕсенче илнĕ укçа-тенкĕ тупăшĕн 25 процентĕнчен кая мар тата ялхуçалăх продукцине контрактациленĕшĕн, закуп йĕркипе сутнăшăн тата обязательнăй йĕркепе панăшăн аванс шучĕпе илекен укçа-тенкĕн 50 процентне колхозниксене кашни уйăхрах аванс шучĕпе ĕçкунĕсем тăрăх валеçсе памалла.

Госбанка колхозсем ыйтнипе пырса кĕрекен мĕнпур тупăшсен 25 процентне тата продукцие контрактацилененĕшĕн, закуп йĕркипе сутнăшăн, обязательнăй йĕркепе панăшăн аванс шучĕпе илнĕ укçа-тенкĕн 50 процентне уйрăм текущи счет çине куçарма хушнă, çав счетри укçа-тенкĕне колхоз правленийĕ колхозниксене аванс пама тата ĕçкунĕсем тăрăх валеçме çеç расходлама пултарать.

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ Хатĕрлев министерствине, СССР Аш-какай тата сĕт-çу продукчĕсен промышленноçĕн министерствине, СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленноçĕн министерствине тата Центросоюза 1956 çултан пуçласа обязательнăй поставка йĕркипе государствăна памалли тĕштырă, хĕвелçаврăнăшне çу кăлармалли ытти культурăсем, çĕрулми, пахча çимĕç тата аш-какай хакĕн 50 процентне аванс шучĕпе укçан колхозсене вĕсем ыйтнипе пама хушнă.

СССР Госбанкĕн хатĕрлев организацийĕсене çав ĕçсем валли кивçен укçа памалла.

СССР Ялхуçалăх министерствине тата СССР Госбанкне интересленекен министерствăсемпе тата ведомствăсемпе пĕрле сутлăхра асăннă продуктсене хатĕрленĕшĕн колхозсене аванс памалли йĕрке çинчен инструкци хатĕрлеме тата ăна пĕр уйăхра çирĕплетме хушнă.

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕн постановленийĕнче çакăн пек тума палăртнă: колхозсем пĕтĕм укçа-тенкĕ тупăшĕнчен чи малтанах капитальнăй ĕçсем тума нумай пăхăтлăха кивçен илнĕ укçа-тенкĕне тӳлесе татаççĕ, çав укçана пайланман фондсен шучĕпе тӳлеççĕ.

Колхозсене çапла тума сĕннĕ: колхозниксен пĕрлехи пухăвĕсем йышăннă тăрăх, выльăх-чĕрлĕх витисемпе ытти çуртсем тата сооруженисем тума, çавăн пекех тата нумай çул çитĕнекен йывăçсем лартма тата çитĕнтерме тухнă ĕçкунĕсемшĕн укçан тӳлемелле, çав тӳлеве приходпа расходсен çирĕплетнĕ сметипе килĕшӳллĕн укçа-тенкĕн пайланман фончĕн шутне кĕртмелле.

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ çапла тума сĕнеççĕ: тырпула тухăçлăхне тата выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе мĕнпур резервсемпе туллирех усă курассине шута илсе колхозсем туса хатĕрленĕ тата çирĕплетнĕ плансене ирттерсе тултарнăшăн бригадăсене (звенисене), выльăх-чĕрлĕх патĕнче ĕçлекен колхозниксене, МТС-сен трактор бригадисен работникĕсене, специалистсене тата колхозсене ертсе пыракан работниксене ĕçшĕн натурăпа тата укçан хушса тӳлемелли йĕркене виçене колхозсен хăйсен тумалла.

## Халăх ырлăхĕшĕн тăрăшни

СЕНТЕРВĂРРИ, мартăн 10-мĕшĕ. (Телефонпа). Рабочисемпе служащисем валли канмалли кунсем тата праçниксем умĕнхи кунсенче ĕç кунне кĕскетесси çинчен СССР Верховнăй Совет Президиумĕ йышăннă Указа районти ĕçсынисем пысăк хавасланăхпа кĕтсе илчĕç. Предприятисемпе учрежденисенче ĕçлекен рабочисемпе служащисем хăйсен савăнăçне çинчен пĕр-пĕрне каласа параççĕ.

Паян ирхине тата кăнтăрла кашнă вăхăтра предприятисемпе учрежденисенче пухусемпе каласусем пулса иртрĕç. «Портной» артельте ĕçлекенсен пухăвĕнче 150 çын пулчĕ.

— Рабочисемпе служащисем валли канмалли кунсем тата праçниксем умĕнхи кунсенче ĕç кунне кĕскетесси çинчен СССР Верховнăй Совет Президиумĕ йышăннă Указа, — тет Т. Сорокина юлташ, — эпĕ тулли кăмăлпа ырлатăп. Эпир малашне ĕç тухăçлăхне ӳстерсе пыма, пахалăх продукци туса кăларма сăмах паратпăр.

Артель председателĕ Верахина юлташ СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Указне пĕтĕм коллектив ырлани çинчен калать.

— Канмалли кунсемпе праçник умĕнхи кунсенче 8 сехет вырăнне 6 сехет ĕçлемелле туни вăл, — тет Верахина юлташ, — ача амăшĕсене çамрăк ăрăва пăхса ӳстерес ĕçе лайăхрах туса пыма пулăшать. Эпĕ Коммунистсен партийĕпе Совет правительствине хамăр артельте ĕçлекен хĕрарăмсем ячĕпе тав тăватăп.

Пухура Кузнецова, Шипунова, Проскурякова, Куданова, Турова, Лебедева çĕвçсем хĕрӳллĕ сăмахсем каларĕç.

Артель коллективĕ, партипе правительство ĕçсынисемшĕн тăрăшнине хавхаланса, çулталăкри производство планне декабрĕн 20-мĕшĕ тĕлне тултарма, планран ирттерсе 100 пин тенкĕлĕх продукци туса кăларма, ĕç тухăçлăхне 6 процент ӳстерме, продукцин хăйне хаклăшне хакне 5 процент йӳнетме, чĕртавар нумай перекетлеме обязательство йышăнчĕ.

Урапа-çуна тăвакан заводра тата ытти предприятисемпе учрежденисенче те пухусем пысăк çĕкленӳпе иртрĕç.

КУСЛАВККА, мартăн 10-мĕшĕ. (Телефонпа). Суртсем тăвакан заводри цехсенче ĕçсынисен пухăвĕсем пулса иртрĕç. Суртсем тăвакан цехра ĕçлекенсен пухăвĕнче чи малтан цех начальникĕ Новиков юлташ тухса каларĕ. Унтан сборщик Акуратнов юлташ сăмах илет.

— Иртнĕ икĕ уйăхра, — терĕ Акуратнов, — эпĕ виçĕ уйăх нормине тултартăм. Партипе правительство пирĕн пурнăçа кулленех лайăхлатса пынине хавхаланса, эпĕ малашне те норма çурăран кая мар туса пыма пултатăп.

Чăваш АССР Верховнăй Совет депутачĕ Орлова юлташ улттăмĕш пилĕкçуллăхăн малтанхи çулĕнче 18 уйăхра ĕç нормине тултарма сăмах пачĕ.

# Тĕштырăпа выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем ытларах туса илессишĕн

Çак кунсенче пирĕн артель членĕсем производство планĕ туса хатĕрлерĕç. Çак ĕçе колхозниксем пурте активлăн хутшăнчĕç. Эпир хăш культурăна мĕн чухлĕ акмаллине, выльăх-чĕрлĕх йышне мĕн чухлĕ ӳстермеллине пур енчен те тĕплĕн шухăшласа пăхрăмăр. Пуринчен малтан, артелĕн тĕп пуянлăхĕпе — обществăлла çĕрпе лайăхрах усă курма, кашни 100 гектар çĕр пуçне продукци ытларах туса илме кирлине асра тытрăмăр.

Производство планне хатĕрлеме тытăниччен колхозниксем КПСС XX съезчĕн материалĕсемпе тĕплĕн паллашрĕç. Çав материалсем колхозниксен чун-чĕрине çĕнĕ вăй-хăват çĕклерĕç, артель хуçалăхне аталантарассишĕн малашне тата ытларах вăй хурса ĕçлеме хавхалантарчĕç. Производство планне эпир май килнĕ таран тĕрĕсрех тума тăрăшрăмăр. Чăнах та, хăшпĕр цифрăсем пирĕншĕн пысăкрах пек туйăнаççĕ, анчах эпир вĕсене пурнăçлама пултаратпăр.

Иртнĕ çулта эпир кашни гектартан 10,2-шер центнер, уйрăм участоксенче гектартан 15—16-шар центнер тĕштырă пухса илтĕмĕр.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре те хăшпĕр ӳсĕмсем пулчĕç. 1954 çулхинчен пурĕ 12 пин килограмм ытла сĕт ытларах суса илнĕ. Анчах та кашни ĕнерен сĕт суса илес енĕпе эпир юлса пыратпăр-ха. Кашни ĕнерен вăтам шутпа 1.346-шар килограмм кăна сĕт суса илтĕмĕр. Чăнах та, сухалакан тата улăх-çарансемпе кĕтӳ çӳретмелли вырăнсен кашни 100 гектарĕ пуçне сĕт илес енĕпе пирĕн показательсем начарах мар. Кашни 100 гектар пуçне 93,0 центнер сĕт тивет.

Кăçал эпир хамăр условисенче тухăçлăрах пулакан культурăсене акмалли лаптăка чылай пысăклататпăр. Сăмахран, иртнĕ çулсенче ыраш 100—110 гектар акнă пулсан, кăçал 146 гектар акатпăр. Пирĕн патра хăшпĕр культурăсем, уйрăмах урпа, питĕ тухăçсăр пулать. Çанталӑк хăйăх тăнă çулсенче те кашни гектар пуçне 5,0—6,0 центнертан ытла пухса кĕртеймен. Çавна шута илсе, колхозниксем 1956 çулта урпа пĕр гектар та акас мар, терĕç. Çĕртме пуссине усă курни те пире тĕштырă ытларах туса илме май парать. Çĕртме пуссине кăçал 100 гектар ытла йышăнатпăр. Çавна пула, тĕштырăсем акмалли лаптăка иртнĕ çулхинчен чылай пысăкланать.

*Тĕштырăсем акакан лаптăк пирĕн артельте иртнĕ çул 49 процент йышăннă,* кăçал вăл 59 процент йышăнать, çавна май уй-хиртен пухса кĕртекен тĕштырă хисепĕ те чылай ӳсет. План тăрăх, иртнĕ çулхинчен 1.238 центнер ытларах тĕштырă пухса кĕртмелле. Акмалли лаптăка пысăклатнипе кăна мар, пуринчен малтан, тырпул тухăçлăхне ӳстернипе тĕштырă нумайрах туса илме палăртнă. Кăçал эпир вырăнти тата минераллă удобренисемпе лайăхрах усă курма тăрăшатпăр. Халлĕхе 200 центнер минераллă удобрени хатĕрленĕ. Ыраш калчисене кашни гектар çине çур центнер аммони сульфачĕ, пĕр центнер суперфосфат тата центнер çурă калий тăварĕ сапса апат паратпăр. Суртри акмалли лаптăка культиваци тунă чухне те удобренисем чылай кăларатпăр. Кукуруза акмалли лаптăксене удобрени нумай тăкма палăртнă. Кунсăр пуçне, кукуруза лартнă чухне шăтăксене удобренисем хурса пыратпăр. Кăçал тĕштырăсем акмалли лаптăк çине пурĕ 600 центнер ытла минераллă удобрени кăларатпăр.

Тырпулăн пыракан кĕрешӳре тĕштырăсене вăхăтра акса хăварни тата вĕсене вăхăтра та тирпейлĕ пухса кĕртни пысăк вырăн йышăнать. Суртрисене эпир 8 кун хушшинче акса пĕтерме йышăнтăмăр, тĕштырăсене 10 кун хушшинче пухса кĕртетпĕр. Кăçал тĕштырăсене ытларах сулса пуштарса пухса кĕртетпĕр. Иртнĕ çулсенче пирĕн, вăхăтра вырса пуçтарайманнипе пула, уй-хире тырпул тăкăнса юлнисем те пулкаланă, çавăнпа та тырпул тухăçлăхĕ те чакнă.

Пирĕн колхоз Шупашкар хули çывăхĕнче. Çавна май, пирĕн çĕрулмипе пахча çимĕç суттса пысăк тупăш илме май пур. КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ «Çĕрулмипе пахча çимĕç туса илессине тата хатĕрлессине ӳстерессисинчен» йышăннă постановленипе тĕплĕн паллашнă хыççăн, пирĕн колхозниксем çĕрулмипе пахча çимĕç лартмалли лаптăка пысăклатма йышăнчĕç. Малтан çĕрулмипе 36 гектар çине лартма палăртнăччĕ, колхозниксем çав лаптăка 41 гектара çити ӳстерме, пахча çимĕç иртнĕ çулхинчен 3 гектар ытларах лартма йышăнчĕç. Çакă пире Шупашкар хули валли çĕрулмипе пахча çимĕç ытларах хатĕрлеме тата тупăш ытларах илме май парĕ.

СССР халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX съезчĕ панă Директивăсенче çапла каланă: «Сĕт суса илессине, чи малтан, кашни ĕне пуçне сĕт нумайрах суса илнине, çавăн пекех нумайракаллă шутра выльăхсен пĕтĕм хисепĕнче ĕнесен шутне нумайлатса пынине ӳстермелле», тенĕ. Пĕлтĕр эпир кашни 100 гектар çĕр пуçне 7 ĕне усранă, кăçалхи октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне 9 ĕне усрама тытăнатпăр, кашни ĕнерен вăтам шутпа 1.550 литр сĕт суса илетпĕр. Çакă пире сухалакан çĕрĕн тата улăх-çарансемпе кĕтӳ çӳретмелли вырăнсен кашни 100 гектарĕ пуçне 120 центнер сĕт илме е, урăхла каласан, сĕт суса илессине иртнĕ çулхинчен 30 центнер ӳстерме май парать. КПСС Центральнăй Комитечĕн январьти Пленумĕ ĕнесенчен сĕт суса илес енĕпе кăларса тăратнă задачăна эпир 1957 çулта пурнăçлатпăр. Иртнĕ çул эпир кашни ĕне пуçне концентратсем 5 центнер, çĕрулмипе тымарçимĕç 25 центнер, утă-улăм 30 центнер уйăрнăччĕ. Кăçал ĕнесем валли апат ытларах хатĕрлетпĕр, кашни ĕне пуçне вăтам шутпа 6,5 центнер концентрат, 80 центнер çĕрулмипе тымарçимĕç тата утă-улăм çителĕклĕ таран уйăрса хăваратпăр.

Аш-какай туса илессине, чи малтан, хăвăрт çитĕнекен выльăх-чĕрлĕх — сысна-сем ĕрчетнипе ӳстеретпĕр. Иртнĕ çулсенче сысна самăртас ĕçе хакламан. Кăçал ку ĕç чылай лайăхланать. Халĕ сыснӑсене тăрантарма уйăракан çĕрулмипе тымарçимĕçе хума вирлĕчĕрен 250 тонна кĕмелĕх хранилище тăватпăр. Ун çумĕнчех кормокухня пулать. Сысна витине «ЗК-1,0» кормозапарник пăсĕпе ăшăтма тытăнатпăр. 1956 çулта колхозниксем пурĕ 90 сысна самăртма йышăнчĕç, вăл шутран 50 пуçне октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне государствăна самăртса паратпăр. Çавăн чухлĕ сысна самăртни пире ялхуçалăх çулĕнче сухалакан çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пуçне 10 центнертан кая мар сысна ашĕ туса илме май парать. Кунсăр пуçне эпир ĕне выльăхсем те чылай самăртатпăр. Артелĕн малашлăх планĕнче сысна ашĕ илессине 1958 çулта кашни 100 гектар çĕр пуçне 30 центнера çитерме палăртнă.

Пирĕн артельте чăх-чĕп ĕрчетес ĕçре пысăк чăрмавсем пур. Лайăх тăрантаратпăр пулин те, витере сивĕ пирки, хĕллехи кунсенче чăхсем çăмарта тумаççĕ. Кăçал кашни чăхран вăтам шутпа 80-шар çăмарта илме йышăнтăмăр. Чăх-чĕп витине кăмака лартатпăр. Иртнĕ çулта тĕштырăсем акакан çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пуçне 9.417 çăмарта илнĕччĕ, çĕнĕ хуçалăх çулĕнче 20 пинрен кая мар илетпĕр. Çапла вара, çăмарта илесси кăçалах икĕ хута яхăн ӳсет.

Сурăх фермичен илекен тупăша та пысăклататпăр, кашни сурăхран 2,5 килограмм çăм касса илетпĕр.

Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем тата тĕштырă ытларах туса илнĕ май, артелĕн укçа-тенкĕ тупăшĕ те палăрмаллах ӳсет. Пĕлтĕр пурĕ 405 пин тенкĕ тупăш илнĕччĕ, çак хуçалăх çулĕнче çур миллион тенке çитерме палăртнă. Ку сахал-ха, анчах униăн та чылай вăй хума тивет. План тăрăх, 1956 çулта пирĕн выльăх-чĕрлĕхрен илекен тупăш пĕтĕм тупăшăн çурринe яхăн пулмалла, иртнĕ çул вăл 40 процент ытларах пулнă.

1955 çулта пирĕн колхозниксем ĕçкунĕ пуçне вăтам шутпа 3-шер тенкĕ укçа илчĕç. Приходпа расход сметинче палăртнă тăрăх, кăçал та эпир кашни ĕçкунĕ пуçне виçшер тенкĕрен ытла валеçес, темеспĕр. *Эпир çапла шутлатпăр: 1956 çулта укçа-тенкĕ тупăшне, производство планĕнче палăртнă пек, 500 пин тенке çитерсен,* пирĕн колхозниксене ĕçкунĕсем пуçне валеçсе панă хыççăн та сĕр пине яхăн укçа юлать. Унпа эпир çултан-çула куçса пыракан фонд тăватпăр. Çакă вара пире 1957 çултан пуçласа колхозниксене кашни уйăхрах ĕçкунĕсем пуçне аванс шучĕпе 3-шер тенкĕрен кая мар укçа валеçсе пама май парать. Çавăн пекех эпир колхозниксене тырăн та уйăхшерĕн валеçмелле тăвас, тетпĕр. Çакăн пек йĕрке туса хуни колхозниксен ĕçри хастарлăхне ӳстерет. Ĕçшĕн хушса тӳлемелли йĕркене çирĕп пăхăнса пыратпăр. Тырпул тухăçлăхне планпа палăртниченн ытларах ӳстернĕшĕн, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем ытларах илнĕшĕн хушса тӳлетпĕр. Çулталăкра 300 кунран кая мар ĕçленĕ колхозниксене артель шучĕпе икĕ эрнелĕх отпуск паратпăр.

КПСС XX съезчĕ панă Директивăсенче çапла каланă: «ĕç вăйĕпе укçа-тенкĕ мĕн май килнĕ таран сахалтарах хунипех 100 гектар çĕр пуçне, продукци туса илессине татăклăн ӳстерессине асра тытмалла», тенĕ. Çакă вăл пирĕн ĕçре чи кирли пулса тăрать. Сăмахран, эпир нумаях пулмасть кормокухньăна шыв парса тăрас ĕçе механизацилерĕмĕр. Çакă пире хĕл вăхăтĕнче 200 ĕçкунĕ перекетлеме май пачĕ. Ытти çулсенче шыва пичкепе турттарнă. Çавăн пекех, соломорезкăпа вакланă улăма эпир транспортерпа тӳрех кормозапарник патне илсе пыратпăр. Çакă та пире 100 ĕçкунне яхăн перекетлеме пулăшать.

Ĕç тухăçлăхне ӳстернипе эпир продукцин хăйне ларакан хакне иртнĕ çулхинчен чылай ытларах йӳнететпĕр. Хуçалăха тĕреклетес енĕпе туса ирттернĕ ĕçсене пула пирĕн артельти колхозниксем хушшинче кăçал ĕç дисциплинине татах та çирĕплетет, çавăнпа пĕрлех эпир ĕçкунĕсем тăрăх та тĕштырăсем ытларах валеçсе пама пултаратпăр.

Артель правленийĕ, *продукци туса илмелли* кăçалхи плана çирĕплетнĕ хыççăн, бригадăсене тата фермăсене уйрăм заданисем пачĕ. Заданисем панă чухне кашни бригадăн сухаламалли çĕр лаптăкĕ тата ĕç вăйĕ мĕн чухлĕ пулнине шута илнĕ. Заданисенче кашни бригадăн мĕн чухлĕ тырă акмаллине, минераллă тата вырăнти удобренисем мĕн чухлĕ хатĕрлемеллине тата ытти ĕçсене, кашни ĕçшĕн мĕн чухлĕ ĕçкунĕ тăкаклamаллине палăртнă. М. Семенов юлташ ертсе пыракан 2-мĕш уй-хир бригадин, сăмахран, ыраш тата тулă туса илме пурĕ 1.900 ĕçкунĕ расходламалла. Çавăн пекех ытти культурăсене пухса кĕртнĕ чухне мĕн чухлĕ ĕçкунĕ расходламаллине те кăтартса панă. Çакăн пек заданисене ытти бригадăсем те илнĕ.

Пирĕн колхозниксем халĕ, КПСС XX съезчĕн решенийĕсемпе хавхаланса, выльăх-чĕрлĕхе лайăх хĕл каçарассишĕн тата суракине пур енчен те тĕплĕн хатĕрленсе çитессишĕн ăмăртса ĕçлеççĕ. Съезд йышăннă решенисене пурнăçлассишĕн пуçланнă ăмăрту пирĕн колхозниксен пултарулăхĕпе пуçарулăхне çĕнĕ хăватпа çĕклерĕ. Шанас килет: улттăмĕш пилĕкçуллăхăн пĕрремĕш çулĕ валли хатĕрленĕ производство планне пирĕн колхозниксем чыслăн пурнăçлĕç.

С. ТЕРЕЕВ.

Ишлей районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз председателĕ.

## Съезд материалĕсене вĕренеççĕ

Чкаловски МТС-ĕнче ĕçлекенсем, мĕнпур совет çыннисем пекех, партин XX съезчĕн ĕçне чăмлĕн сăнаса тăчĕç. Съезд материалĕсем вырăна çитсенех парторганизаци вĕсене вĕренессине организацилерĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетлă докладне вĕренме икĕ кружок тунă. Кружоксене пурĕ 57 çын çӳрет, ыттисем ялании пекех харпăр хăй тĕллĕн вĕренеççĕ.

Партбюро секретарĕ М. Петров юлташ ертсе пыракан кружок отчетлă доклад тăрăх виçĕ заняти ирттернĕ. Малтанхи занятире Совет Союзĕн тĕнчери лару-тăрăвĕ çинчен вĕреннĕ, иккĕмĕш занятире çак сыпăк тăрăх каласу ирттернĕ. Каласăва коммунистсем те, партире тăманнисем те активлă хутшăннă. Уйрăмах А. Табаков, В. Уськин, П. Киляев тата И. Артемьев юлташсем отчетлă докладра çутатса панă çĕнĕ ыйтусене — икĕ система мирлĕ пурăнассине, хальхи тапхăрта вăрçă пуласси сирме май пуррине — лайăх ăнланса илнине кăтартса панă.

Виççĕмĕш занятире отчетлă докладăн иккĕмĕш сыпăкне — Совет Союзĕн шалти лару-тăрăвĕ çинчен — вĕренме тытăнчĕç. Пропагандист М. Петров юлташ текста вулаcа мар, конспект тăрăх хăйĕн сăмахĕсемпе каласа парать, Н. С. Хрущев юлташ докладĕнче хускатнă ыйтусене вырăнти фактсемпе çыхăнтарать. Акă, промышленность ялхуçалăхне çĕнĕ техника парса вăйлатни çинчен сăмах пырать. Пропагандист çавăнтах МТС юлашки çулсенче мĕнле машинăсемпе пуянланнине илсе кăтартать. Пилĕк çул каялла МТС-ра «ДТ-54», «У-2» тракторсем пулман, халĕ вĕсем пур.

Каласу ялхуçалăхĕ çине куçсан, кружок членĕсен активлăхĕ татах та ӳсет. Пропагандист МТС-семпе колхозсене кадрсемпе çирĕплетни çинчен чăрăнса тăрать. Механизаторсем çавăнтах хуларан килнĕ мастерской заведующийĕ Д. Седых ятне асăнаççĕ, вăл тракторсем юсас ĕçе узел меслечĕпе йĕркелеме пулăшнине палăртаççĕ.

Халиччен усă курман çĕрсем çинче тырпул акса тума МТС-ран пĕлтĕр 13 механизатор кайнă. Вĕсем пысăк хастарлăхпа ĕçлеççĕ. Юлашки вăхăтра МТС коллективне Совет Çарĕнчен 20 çын, механизаторсен шкулĕсенчен 17 çын хутшăннă.

Пысăк тухăçлă кукуруза туса илнĕ колхозсем кашни облаçрах пур, — тенĕ Н. С. Хрущев юлташ отчетлă докладра. Тĕслĕхрен Кольцовкăри Сталин ячĕпе тăракан колхоза илсе кăтартнă. Пропагандист çак шухăша районти колхозсен ĕçĕсемпе те çирĕплетсе парать. Акă, Ворошилов ячĕпе тăракан колхозра кашни гектартан 700-шер центнер симĕс масса туса илнĕ. Районта пĕлтĕр 1.400 гектар çинче кукуруза акса тунă пулсан, кăçал унăн лаптăкне виçĕ хут ӳстереççĕ.

МТС коллективĕ машинăсене хире кăларма пĕтĕмпех хатĕрлесе çитернĕ, халĕ тырпул пухса кĕртмелли техникăна юсаççĕ, выльăхсене тĕрĕс-тĕкел хĕл каçарма колхозсене пулăшаççĕ.

Т. ИВАНОВ.

(«Коммунизм ялавĕ» корр.).

## Колхоз кадрĕсемпе ĕçлессине вăйлатмалла

КПСС Элĕк райкомĕ юлашки вăхăтра колхозсене кадрсемпе çирĕплетес ĕçе кăштах лайăхлатрĕ. Ытти çулсенче юлса пынă «Самолет», Карл Маркс, Суворов ячĕпе тата Молотов ячĕпе тăракан колхозсем халĕ тĕреклленчĕç. Çакă вăл колхозсенчи ертсе пыракан кадрсен составне лайăхлатнинчен килчĕ.

Çулталăк каярах Карл Маркс ячĕпе тăракан колхозра ĕç дисциплинни начарччĕ. Вăтăр пин шучĕпе ята ĕçлеме кăмăл тунă П. Ананьев юлташа колхоз председателĕ пулма суйласан, ĕç лайăхланса пыма пуçларĕ. Иртнĕ çулта кашни гектартан 1954 çулхинчен 8-шар центнер ытларах тĕштырă пухса кĕртнĕ. Артель выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана ăнăçлă тултарнă. Сĕт тата аш-какай хатĕрлес енĕпе те ӳсĕм тунă. Доярккăсем, сăмахран, февраль уйăхĕнче кашни ĕнерен 183-шер литр сĕт суса илсе, районта пĕрремĕш вырăн йышăнчĕç.

«Самолет» колхоз вăйланса пырать. Икĕ çул каялла укçа-тенкĕ тупăшĕ унăн 176 пин тенкĕ пулнă. Пĕлтĕр вара колхоз тупăшĕ 10 хут ӳснĕ, кашни гектар çĕр пуçне тивекен тупăш 1.300 тенке çитнĕ. Çĕнĕ председатель А. Филиппов юлташ хуçалăха тĕплĕн пăхса ертсе пырать.

Колхоз кадрĕсен квалификацине ӳстерес шутпа парти райкомĕ час-часах семинарсем ирттерет. Семинарсенче ялхуçалăх производствин тĕп ыйтăвĕсене тата малта пыракансен опычĕ çинчен сӳтсе яваççĕ. Уй-хир бригадирĕсемпе ферма заведующийĕсен семинарĕсене те ирттеретпĕр. Кăçал икĕ хут «Бригадирсен кунне» ирттертĕмĕр. Унта ялхуçалăх ыйтăвĕсем тăрăх лекцисемпе докладсем пулнă, кинофильмсем кăтартнă.

Республикăри тата хамăр районти малта пыракан колхозсене экскурсие кайни кадрсен пĕлĕвне ӳстерес ĕçре уйрăмах пысăк пулăшу парать. Колхоз председателĕсем тата уйрăм ферма заведующийĕсемпе уй-хир бригадирĕсем Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан тата Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозсенче пулчĕç. Вĕсем хамăр районти Хрущев ячĕпе тăракан, Шверник ячĕпе тăракан колхозсенче те пулчĕç, унти ĕçсемпе паллашрĕç.

Колхоз кадрĕсем хăйсен пĕлĕвне агротехникăпа зоотехникăна вĕренмелли курссенче ӳстереççĕ. Кăçал агротехникăна вĕренмелли 13 курс, зоотехникăна вĕренмелли 7 курс йĕркеленĕ. Икĕ çул хушшинче виçĕ çул вĕренмелли курсран вĕренсе тухнă 206 çынна пĕрремĕш разрядлă ялхуçалăх мастерĕн ятне панă.

Хальхи вăхăтра чылай бригадăсемпе фермăсене ĕçе лайăх пĕлекен пуçарулă çынсем ертсе пыраççĕ. Сăмахран, «Правда» колхозри бригадир М. Иванов юлташ пахa тĕслĕх кăтартать. Унăн ĕçĕнчи чи пахи вăл — панă сăмаха е палăртнă ĕçе кирек мĕнле условисенче те пурнăçлама тăрăшни. Иртнĕ ялхуçалăх çулĕнче унăн бригади кашни гектартан 17,6-шар центнер тĕштырă пухса кĕртрĕ, вăйлă кантăр туса илчĕ. Кăçал вăрлăхсене тасатса акма юрăхлă кондицие çитернĕ, 800 тонна тислĕкпе фосфорит çăнăхĕпе хутăштарса компост тунă, 100 тонна минераллă удобрени кӳрсе килнĕ.

Колхозниксемпе механизаторсем тата ялхуçалăх специалисчĕсем 1956 çулта, çĕнĕ пилĕкçуллăхăн малтанхи çулĕнче, кашни гектартан 13-шар центнертан кая мар тĕштырă туса илме, 3.400 гектар (вăл шутра çуррине çĕртме пуссине) кукуруза акма, кашни гектартан 270 центнер симĕс масса, 50 центнер кукуруза тĕшши пухса кĕртме обязательство илчĕç.

Элĕк районĕ выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе юлса пырать-ха. Пирĕн фермăсенче организаторла ĕçе вăйлатмалла, выльăх-чĕрлĕх пăхакансене ытларах пулăшмалла.

А. МИРОНОВ.

КПСС райкомĕн МТС енĕпе ĕçлекен секретарĕ.

# Вăйлăрах, янăратăр юрă!

Енер Шупашкарта чăваш совет композиторĕсен съезчĕ уçăлчĕ. Съезд пирĕн композиторсем иртнĕ сакăр çул хушшинче тунă çитĕнÿсене пăхса тухать. Çакна май эпир паянхи номерте редакцие килнĕ хăшпĕр çырусене пичетлетпĕр.

Юлашки çулсенче пирĕн композиторсем чăваш музыкине аталантарас тĕлĕшпе сахал мар ĕçсем тунă, анчах та вĕсен умĕнче тата пысăкрах, ответлăрах задачăсем тăраççĕ. Вĕсем тăван халăх умĕнчи ответлăх çинчен яланах асра тытма тивĕçлĕ.

КПСС XX съезчĕ кăларса тăратнă аслăран та аслă программа миллионшар совет çыннисене ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем тума хавхалантарать. Съезд партия ответлă задачăсене пурнăçлассишĕн пĕтĕм вăя хурса ĕçлесси, совет çыннисене коммунизмла воспитани парас ĕçе хăйсен творчестипе активлăн хутшăнасси — искусство работникĕсен хисеплĕ тивĕçĕ.

## Пултарулăх коллективĕсен ĕçĕнчи чăрмавсем пирки

Пирĕн республикăра художествăлла пултарулăх коллективĕсен йышĕ çултан-çул ÿсе пырать. Иртнĕ çулсенчи юрă праçникĕсем вăхăтĕнче тата 1955 çулхи декабрь уйăхĕнче иртнĕрнĕ республикăри смотра художествăлла пултарулăх коллективĕсенчен чылайăшĕ хăйсен ăсталăхне, уткăнра юрласа ансамбль тытса пыма пултарнине кăтартрĕç. Районсенчен тата республикăри хуласенчен килнĕ юрă ăстисем Шупашкарти сценăсем çинчен чăваш композиторĕсен юррисемпе пĕрлех, совет композиторĕсемпе халăх демократи çĕршывĕсенчи композиторсен юррисене юрласа пачĕç. Хăшпĕр коллективсен репертуарĕсенче вырăс классикĕсен тата хĕвеланăçĕнчи çĕршывсенчи композитор-классиксен произведенийĕсем те пулчĕç.

Анчах та, иртнĕ çулхи художествăлла пултарулăх коллективĕсен республикăри смотрĕ вăхăтĕнче ĕçре пысăк çитменлĕхсем пурри те палăрчĕ. Районсемпе хуласенче чăваш композиторĕсен юррисене çителĕксĕр пропагандăлаççĕ. Сăмахран, Вăрмар районĕнчен килнĕ художествăлла пултарулăх коллективĕ 1955 çулхи декабрь уйăхĕнчи республикăри смотрта пĕтĕмĕшпех çуллахи юрă праçникне хатĕрленĕ юрăсене юрласа пачĕ.

Ку çитменлĕх вăл, паллах, урăх сăлтавсенчен те килет. Чăваш композиторĕсем баян валаса юрламалли юрăсем пачах çырмаççĕ. Вĕсем пур юрăсен аккомпанементне фортепиано валли çыраççĕ. Çавăнпа та хора ертсе пыракансем, хăшпĕр юрăсен аккомпанементне баян валли куçарма майлă мар пирки, лайăх юрăсенех хăйсен коллективĕсене вĕрентмеççĕ.

Композиторсем хăшпĕр чухне юрăсене хор тесситурине шута илмесĕр—е çÿлерех, е аялрах регистра çыраççĕ. Ку вара хор руководителĕсене питĕ чăрмантарать. Юррине е аялрах, е çÿлерех регистра куçарсан, вăл кирлĕ чухлĕ янăрама пулать, унăн художествăлла пĕлтерĕшĕ сухалать.

Художествăлла пултарулăх коллективĕсем валли çырнă юрăсем хушшинче ытла та сарлака диапазонлă юрăсем те тĕл пулаççĕ. Ун пек юрăсене урăх регистра куçарма та май килмест. Хор руководителĕсем вара чылай коллективсене çав юрăсемпе пачах та паллаштарма пултараймаççĕ.

Художествăлла пултарулăх коллективĕсен руководителĕсем чăваш композиторĕсен съездĕнче çак çитменлĕхсене тĕплĕн тишкерсе тухасса шанаççĕ. Вĕсем композиторсене творчествăлла ĕçре çÿлте асăннă çитменлĕхсене шута илме, мĕнпур художествăлла пултарулăх коллективĕсене вĕрентме майлă юрăсем çырма сĕнеççĕ.

**Г. МАКСИМОВ.**
Художествăлла пултарулăх коллективĕн руководителĕ.
Шупашкар хули.

## Халăх хушшинче ытларах пулма сĕнетпĕр

Ялти çамрăксене юрăсем юрлама вĕрентес ĕçе пуринчен ытла пирĕн, учительсен, туса пыма тивет. Эпĕ çак ĕçпе вунă çул ытла ĕçлетĕп ĕнтĕ.

Çамрăксем, вĕсем колхозра е МТС-ра ĕçлеççĕ-и, шкулта вĕренеççĕ-и, çĕнĕ юрăсене яланах хавас, вĕсене çийĕнчех юрлама вĕренме тăрăшаççĕ.

Анчах та эпир, хор кружокĕсен руководителĕсем, ялти çамрăксен ыйтăвĕсене пур чухне те вăхăтра тивĕçтерме пултараймастпăр. Çакă вăл акă мĕнрен килет. Чăваш композиторĕсем çыракан çĕнĕ юрăсене чи малтан Чăвашсен юрăпа ташă ансамблĕ юрлать, ăна ялти çамрăксем радио тăрăх кăна илтме пултараççĕ. Çĕнĕ юрра тĕрĕс юрлама вĕренес пулсан, ăна нотăсемпе вĕренмелле. Анчах çĕнĕ юрăсен нотисемпе эпир çийĕнчех паллашаймастпăр, мĕншĕн тесен вĕсене вăхăтра ниçта та тупса илме çук.

Çĕнĕ юрăсене çийĕнчех уйрăм листоксем çине е хаçатсенче пичетлесе кăларсан, вĕсене халăх хушшине вăхăтра сарма май килнĕ пулĕччĕ. Çапла туни хор коллективĕсемшĕн те усăллă пулмалла. Анчах та юлашки вăхăтра çĕнĕ юрăсене хаçатсенче сайра хутра кăна пичетлесе кăлараççĕ. Тепĕр чухне юрă праçникĕ тĕлне çырнă юрăсене уяв иртсен тин кĕтсе илетпĕр. Калас пулать, çĕнĕ юрăсене халăх хушшине вăхăтра сарас енĕпе республикăри Халăх творчествин çурчĕ те кирлĕ пек тăрăшмасть-ха, ку тĕлĕшпе вăл ялти хор кружокĕсене тивĕçлĕ пулăшу памасть.

Юлашки вăхăтра композиторсене ялсенче те курма çук. Пырсан та республикăри юрă праçникĕ умĕн кăна вĕсене вăхăтлăха килсе каяççĕ, çитменнине пĕр-ик хор коллективĕнче çеç пулаççĕ. Композиторсем халăх хушшинче тăтăш пулни, хор кружокĕсемпе тачă çыхăнса ĕçлени вĕсене хăйсене те, пире те пысăк усă парă пулĕччĕ. Паллах, массăпа тачă çыхăнса ĕçлемесĕр, халăх кăмăлне каякан, ĕçсыннисен чун-хавалне çĕклентерекен хитре те савăк юрăсем шăратса кăларма йывăр. Эпир композиторсене малашне халăх хушшинче ытларах пулма, хор кружокĕсемпе тачă çыхăнса ĕçлеме сĕнетпĕр.

**В. КОНСТАНТИНОВ.**
Учитель, Муркашри вăтам шкулти хор кружокĕн руководителĕ.

## Пирĕн çинчен те çырасчĕ

Нумаях пулмасть хăшпĕр чăваш композиторĕсем пирĕн патра пулса хăйсен творчествăлла ĕçĕсем çинчен каласа пачĕç. Халăх клубĕ тулнех пухăнчĕ.

Эпир, трактор пайĕсем тăвакан завод строительствинче ĕçлекенсем, чăваш юррисене яланах юратса итлетпĕр, хамăр та юратса юрлатпăр. Пирĕн хушăра чăвашсемпе вырăссем кăна мар, ытти халăх çыннисем те пур. Вĕсем те, сăмахĕсене ăнланмаççĕ пулин те, чăваш юррисене пирĕн пекех хавхаланса итлеççĕ, хăйсене вĕрентме ыйтаççĕ. Нумай юрăсене эпир алçырăвĕсем тăрăх е пĕр-пĕринчен илтнипе кăна вĕренетпĕр. Пирĕн çĕнĕ юрăсен сборникне хăвăртрах курас килет. Темĕншĕн тата юлашки вăхăтра радиопа «Пирĕнпе пĕрле юрăр» ятлă передачăсене те нама пăрахрĕç.

КПСС XX съезчĕ литературăпа искусство пурнăçпа тачă çыхăнса тăма тивĕçлине уйрăмах асăрхаттарчĕ. Çакна май, пирĕн шутпа, композиторсен юрăсен тематики пирки те шухăшласа пăхмалла. Пирĕн халăхăн пурнăçне, унăн паттăр ĕçĕсене сăнласа паракан юрăсем сахалха. Сăмахран, строительство çинчен, строительсем çинчен çырнă юрăсем пачах та çук. Çакна, паллах, композиторсен кăна мар, чăваш поэчĕсен те шута илмелле. Пирĕн хамăр çинчен те, хамăр ĕç çинчен те юрлас килет.

**А. КУЗЬМИН.**
Каменщик.

## Хитре юрăсемшĕн

Юрă пурне те хавхалантарать, савăнтарать. Кирек мĕнле çын та, хăй юрлама е музыка инструменчĕ çинче выляма пултараймасть пулсан та, музыка итлеме юратать. Юрă вăл пире савăнма та, йывăр самантсенче кăмăла çĕклентерме те пулăшать. Вăл ытларах вăй хурса ĕçлеме хавхалантарать. Ахальтен мар ĕнтĕ пирĕн колхозниксем уй-хирте янраттарса юрласа хăйсене хăйсем хавасланатараççĕ. Пирĕн пурнăç кунтан-кун лайăхланса пырать. Лайăх пурăннă чухне юрлас та килет.

Октябрьти Социализмла Аслă революци хыççăн чăваш юрри те «хуп хушшинчен» тухса ирĕклĕн янăрама тытăнчĕ. Чăвашсен малтанхи композиторĕсем Ф. Павлов, В. Воробьев тата ыттисем халăх юррисене гармонилесе калама çук хитре янăракан юрăсем çырчĕç. Халĕ ĕнтĕ нумай сасăпа юрлама çырнă чăваш юррисем пĕтĕм Совет Союзĕнче ирĕклĕн, хитрен те уççăн янăраççĕ.

Анчах пирĕн çĕнĕ юрăсем çырас ĕçре пысăк çитменлĕхсем те пур-ха. Хăшпĕр композиторсем чăваш кĕввине урăх халăхсен кĕввипе пăтраштарса çыраççĕ, вара юррăн национале форми сухалать, тĕп мелодийĕ илтĕнмест. Çавнашкал юрăсем халăх хушшине сахал сарăлаççĕ.

Тата çакна калас килет. Пирĕн музыка çырăвне вулама тытăнакан çынсем самаях хутшăнса пусăрĕç. Анчах вĕсене альтераци паллисем халлĕхе пăтраштараççĕ-ха. Композиторсем массăлла юрăсем çырнă чухне, нота станĕсем илемлĕрех курăнччăр тесе пулмалла, диез-бемольсене ытларах лартма тăрăшаççĕ. Паллах сăвнашкал тональноçпа çырнă юрăсем халăх хушшинче малтанлăха хĕнне сарăлаççĕ.

Ман шутпа, массăлла юрăсем çырнă чухне альтераци паллисене сахалтарах лартма тăрăшмалла. Ун пек туни музыка çырăвне пуçласа вулакансемшĕн çăмăлрах пулать, вăл юрăсене халăх хушшине хăвăртрах сарăлма пулăшать.

**П. СКВОРЦОВ.**
Шăхасанти культура çурчĕн художествăлла руководителĕ.

## Çĕмĕрт

Музыки Г. Хирбюн. Сăмахĕсем Г. Орловăн.

Ирхине хĕвел тухасчĕн...
Эп кĕретĕп пахчана.
Çамрăк çĕмĕрт шăппăн, ăшшăн
«Килсе кур»,—тет пек мана.

Унăн тумĕ юр пек шурă,
Таврара—симпыл тути.
Çĕмĕрт тăррине чуптурĕ
Йăлтăркка хĕвел çути.

Сиврĕ-шин таçтан шух çилĕ
Пахчана эп кĕнине?
Те кулса халь, те вăл çиллĕн,
Сирчĕ çĕмĕрт çулçине.

Каччăпа хĕр тĕлĕреççĕ,
Ларнă вăрттăн сак çине...
Ай, мĕн-ма-ши, çĕмĕрт, эсĕ
Вăратмастăн вĕсене?

Асăрхаттарни: кашни куплетри юлашки икĕ йĕркине икшер хут юрламалла.

## Массăллă юрăсем нумайрах çырасса кĕтетпĕр

Пирĕн заводра чăвашсем йышлăн ĕçлеççĕ. Вĕсенчен хăшпĕриссем клубра организациленĕ хорта юрлаççĕ. Рабочисем музыкăна чĕререн юрататççĕ. Эпир чăваш юррисене итлетпĕр кăна мар, вĕсене хамăр та юрлатпăр. Илемлĕ юрă пире тухăçлă ĕçлеме хавхалантарать, пушă вăхăта усăллă ирттерме пулăшать. Уйрăмах пире Ф. Павловпа В. Воробьевăн хитрен янăракан юррисем кăмăла каяççĕ. Халь композиторсенчен Ф. Лукинăн, Г. Лебедевпа Г. Хирбюн композиторсен юррисем кăмăла кăраççĕ.

Анчах калас пулать, халлĕхе чăваш композиторĕсем халăх ыйтăвне тивĕçтереççĕ теме çук-ха. Пирĕн шутпа, чăвашсен массăллă юрăсем сахалтарах тата радио тăрăх та яланах тенĕ пекех пĕр евĕрлĕ юрăсене параççĕ. Тутарсен тахçанах оперăсем пур. Эпир вара ку таранх çитсе те чăвашсен оперисене сцена çинче курайман. Чăваш композиторĕсем малашне лайăх оперетăсем те ытларах çырасса шанас килет.

Юлашки вăхăтра пирĕн республикăра композиторсен йышĕ чылай ÿсрĕ. Анчах вĕсенчен хăшпĕрисем питех те вăраххăн ÿсеççĕ. Хăшпĕр композиторсем тата чăваш халăхĕн илемлĕ кĕввине урăх халăхсен кĕввипе пăтраштарма хăтланни е вĕсен кĕвви çине куçма хăтланни сисĕнет. Сăмахран, Т. Фандеев композиторăн произведенийĕсем ытларах тутарсен кĕввине аса илтерни пек туйăнать.

Эпир чăваш композиторĕсенчен илемлĕ те çăмăллăн янăракан, тăван халăха çывăх юрăсем ытларах кĕтетпĕр.

**Я. ТИМОФЕЕВ.**
Цех начальникĕн заместителĕ.
**А. ПАВЛОВ.**
Механик.
Канашри вагонсем юсакан завод.

УКЕРЧĔКРЕ ÇИНЧЕ (сулахайран сылтăмалла): Ф. М. Лукин, Г. Я. Хирбю (ларакансем), Ф. С. Васильев, Т. Н. Фандеев, А. М. Токарев, Г. С. Лебедев тата В. А. Ходяшев композиторсем Хирбюн оркестр валли çырнă çĕнĕ сюитине итлеççĕ.
Г. Зиньков фотоÿкерчĕкĕ.

## Халăхран вĕренмелле

Эпир, чăвашсен государство педагогика институтĕнче вĕренекен студентсем, Ф. Лукин, Г. Лебедев, Г. Воробьев, Г. Хирбю, Т. Фандеев, Ф. Васильев композиторсем çырнă юрăсене юратса итлетпĕр. Ф. Васильевăн «Шыв арманĕ» оперинчи «Хĕрсен хорĕ» пире уйрăмах килĕшет. Çамрăк композитор А. Галкин çырнă «Шупашкар саламĕ», «Студентсен вальсĕ» юрăсене те пирĕн институтри студентсем юратаççĕ.

Чăваш композиторĕсен ĕçĕнче те халлĕхе пысăк çитменлĕхсемех пур. Чылай юрă-кĕвĕсенче национале форма вăйсăррăн палăрать. Хăшпĕр юрăсене илсен, вĕсене чăваш композиторĕсем çырнине текстран кăна пĕлме пулать. Ку, паллах, итлекенсен кăмăлне çырлахтараймасть.

Халăх юрри-кĕввисене пухас, вĕсене якатса музыка тĕлĕшĕнчен пуянлатас ĕç те халлĕхе питĕ çителĕксĕр-ха. Пирĕн композиторсем республикăри тата республика тулашĕнчи чăваш ялĕсене сайра хутра кăна пулаççĕ, халăх хушшинче çÿремен юрă-кĕвĕсем хăйсен творчествишĕн чĕрĕ çăлкуçĕ пулса тăни çинчен манаççĕ. Ф. П. Павлов хăйĕн юррисене халăх творчествипе усă курса çырнă, çавăнпа унăн юррисем кивелмеççĕ, вĕсене кашни чăваш çыннинех лайăх пĕлет, юратса юрлать.

Халăх юррисен кĕввисене творчествăлла лайăхлатса якатсан, шухăш енчен çĕнетсен, вĕсем татах та нумай пурăнма пултараççĕ. Пирĕн композиторсен хăйсен çĕнĕ произведенийĕсенче те халăх юррисемпе малашне туллинрех усă курма тăрăшмалла, халăхран вĕренсе пымалла.

Халлĕхе çамрăксем валли, уйрăмах студентсем валли çырнă юрăкĕвĕсем те пирĕн питĕ сахал-ха. Маршсем, шÿтлĕ тата сатирăллă юрăсем юлашки çулсенче пачах та çырман. Пирĕн композиторсем çак пысăк çитменлĕхсене шута илесса, формипе национале, содержанийĕпе социализмла çĕнĕ произведенисем ытларах çырасса эпир шанса тăратпăр.

**М. ИЛЬИН, Г. ЯКОВЛЕВ, Г. ЛУКОЯНОВ, Л. КОЗИН.**
Педагогика институтĕнче вĕренекен студентсем.

# Чăваш музыки ÿсĕм çулĕ çинче

Чăваш совет музыки пирĕн çĕршыври ытти халăхсен музыка культурипе пĕрле Коммунистсен партийĕ тата унăн Центральнăй Комитечĕ кăтартнă çулпа аталанса пырать. Парти музыка ыйтăвĕсем пирки йышăннă решенисем пирĕн композиторсемшĕн калама çук пысăк пĕлтерĕшлĕ документсем пулчĕç. Çав историлле решенисенчен чи палли—В. Мураделин «Аслă туслăх» опери пирки партин Центральнăй Комитечĕ 1948 çулта йышăннă постановлени. Çав постановлени совет музыкине реализмла çулпа аталантарса пымалли анлă программа пулса тăчĕ.

Ĕнер Шупашкарта уçăлнă чăваш композиторĕсен съезчĕ пирĕн композиторсем иртнĕ сакăр çул хушшинче тунă çитĕнÿсене пăхса тухать.

Чăваш совет музыкинче çак вăхăт ăнăçлă ÿсĕмсемпе палăрчĕ. Пирĕн музыка социализмла реализм çулĕпе çулсерен малалла аталанса пычĕ. Халиччен пуринчен ытла юрăсем çырас тĕлĕшпе ĕçленĕ пулсан, композиторсем юлашки вăхăтра пысăк формăллă произведенисем çырас тĕлĕшпе ытларах ĕçлерĕç.

Юлашки çулсенче икĕ чăваш опери çуралчĕ. Вĕсенчен пĕри—К. В. Ивановăн «Нарспи» поэми тăрăх Ленинградри композитор Ж. Пустыльник çырнă опера (либретти Н. Максимов-Кошкинскин). Опера музыки чăваш юрри-кĕввисем çинче никĕсленсе тăрать, вăл итлекенсемшĕн илĕртÿллĕ, кăмăллă. Нумай арисемпе хорсем асра юлакан кĕвĕсемпе палăраççĕ. Калас пулать, вĕсене чылайăшне чăннипех ăста çырнă.

Ф. П. Павловăн «Ялта» пьеси тăрăх А. Орлов-Шуçăм «Çăлтăр витĕр çул» ятлă опера çырса пĕтерчĕ. Оперăн музыкинче илемлĕ кĕвĕсем чылай. Тĕп геройсен сăнсăпачĕсене композитор витĕмлĕ музыкăллă характеристикăпа çутатса панă. Кунта халăх юррисем те нумай.

Анчах та опера музыкинче, профессилĕ пултарулăх енчен илсен, пысăк çитменлĕхсем те пур-ха. Сцена çинчи действин аталанăвĕ çителĕксĕр. Ванюкпа Елюк телейĕ пурнăçшăн кĕрешнине уççăн çутатса параймая. Опера авторĕ халăх сăнарне тĕрĕс ăнланса илеймен. Ку вара чи пысăк çитменлĕхсенчен пĕри пулать.

Халĕ тата çамрăк композитор Ф. Васильев чăвашсен виççĕмĕш оперине çырать (А. Алгаи «Шыв арманĕ» ятлă легенда-поэми тăрăх). Çырса пĕтернĕ икĕ картинăн музыкине итлесен, çакă паллă: ку чăннипех интереслĕ, талантлă сочинени пулмалла. Опера музыкинче автор халăх юрри-кĕввисене творчествăлла лайăхлатса, вĕсенчен çĕнĕрен те çĕнĕ тĕслĕхсем тăвать, музыкăлла сăнарсене симфонири кĕвĕсем аталанса пынă пек вăйлăн кăтартма тăрăшать. Эпизодсенчен чылайăшĕнче тарăн шухăшсем, витĕмлĕ сăнарсем палăраççĕ, вĕсем итлекенсен чĕрине çав тери хумхантараççĕ.

Музыкăлла комеди çырас ĕçре Т. Фандеевпа («Виçĕ туй») Г. Хирбю («Чечекленнĕ çĕршыв») ĕçлерĕç. Фандеевăн асăннă комеди валли çырнă музыкине ку таранччен те пĕтĕмпех итлеме пулмарĕ: халлĕхе А. Эсхелĕн пьесине кăна лартаççĕ-ха тата «Колхозниксен ĕç юрри» кăна шăранать. Хирбюн «Чечекленнĕ çĕршывĕ» 5 çул ĕнтĕ автор портфелĕнче выртать, анчах та «чечеке ларни» халлĕхе курăнмасть-ха. Композитор ăна çаплах çырса пĕтереймест.

Чăвашсен операсем, балетсем, музыкăллă комедисем çурални—пирĕн музыкăн аталанăвĕ ÿсĕм çулĕ çине тухнине кăтартса парать. Халĕ ĕнтĕ Шупашкарта музыкăллă драма театрне уçасси çинчен шухăшлама та вăхăт.

Вăрçă хыççăнхи чăваш музыкинче кантатăпа оратори çырас тĕлĕшпе те çитĕнÿсем турĕç. Çамрăк композитор А. Васильев-Асламас С. Шавлы сăмахĕсем тăрăх «Ленин» ятлă чăвашсен пĕрремĕш ораторине çырчĕ. Çак произведенире музыка авторĕ хорпа оркестрăн пысăк шухăшсем палăртакан мелĕсемпе вырăнлă усă курнă. Уйрăмах 1-мĕш пайĕ хăйĕн драматизмлă аталанăвĕпе вăйлă. Анчах ăсталăх тĕлĕшпе ораторин пур пайĕсем те пĕр виçере тăраймаççĕ. 3-мĕш пайĕ, пирĕн шутпа, форма енчен пулса çитеймен пек туйăнать.

Ăнăçлă произведенисенчен Т. Фандеевăн хорпа солистсем тата оркестр валли çырнă «Партие мухтав!» тата В. Ходяшевăн кантатисене палăртмалла. Ходяшевăн кантатинче уйрăмах 2-мĕш пайĕ—«Ылтăн уй-хир» итлекенсемшĕн питĕ кăмăллă, вăл лирикăлла туйăмсемпе пуян.

1948 çул хыççăн пирĕн композиторсем пысăк формăллă симфонилле произведенисем çырас ĕçре те хĕрÿллĕн ĕçлерĕç. Çав вăхăтра вĕсем пĕр симфони, икĕ симфониетта, икĕ поэма, тăватă сюита, икĕ концерт, виçĕ увертюра, рапсоди тата симфониллерĕ ташăсем çырчĕç.

Симфониллĕ произведенисенчен музыка тĕлĕшпе те, сăнарсен аталанăвĕпе те чи интересли—Ф. Васильевăн «Чăваш сюити». Ăна пур чухне те юратса итлетĕн. Сюитăн 2-мĕш пайĕ—«Ваттисем калани»—чăвашсен симфонилле музыкинчи чи вăйлă сочинени пулса тăрать. Сюита ăнăçлă пулни—композитор хăй çуралнă çĕршыва тата тăван халăха чĕререн юратнипе, халăх юрă-кĕввисене пысăк вырăна хурса, вĕсемпе анлăн усă курма пĕлнинчен, оркестрăн пуянлăхĕсене содержание тĕплĕн çутатса парас тĕлĕшпе пĕтĕçтерниннчен килет.

Т. Фандеевăн симфонилле оркестр валли çырнă «Суралнă çĕршывра» поэми те чăваш музыкинче паллă вырăн йышăнчĕ. Вăл—тарăн шухăшлă, пысăк содержанилĕ произведени. Композитор музыкăри сăнарсене усă та илемлĕ кĕвĕсемпе çутатса парать. Поэмăра Т. Фандеев чăваш çĕршывĕн сăн-сăпатне тата тăван халăхăн куллени пурнăçне кăтартса пама тăрăшнă.

Вăрçă умĕнхи çулсенче чăвашсен пĕрремĕш симфонине çырнăччĕ. Унăн авторĕ—вăхăтсăр вилнĕ талантлă композитор Геннадий Воробьев пулнă. Халĕ пирĕн тата тепĕр симфони пур темелле. Ăна Т. Фандеев çырнă. Анчах та ку произведенин нумай енĕсем пулса çитеймен. Ăна симфони жанрне çитерес тесен чылай çĕнетсе якатмалла.

Инструментсемпе каламалли музыка тата симфонилле произведенисем çырас ĕçре А. Токарев композитор нумай ĕçлет. Юлашки 3—4 çул хушшинче вăл виолончель валли концерт, симфонилле оркестр валли сюита тата симфониллерĕ ташăсем çырчĕ. А. Токарев хăйĕн творчествăлла активлăхне çултан-çул ÿстерсе пырать.

А. Васильев-Асламас юлашки вăхăтра фортепианопа оркестр валли концерт, рапсоди тата ытти произведенисем çырчĕ. Уйрăмах унăн чăваш халăх юррисем тăрăх çырнă рапсодине палăртма кирлĕ.

Камерлă музыка çырас тĕлĕшпе Т. Фандеев; Ф. Васильев, В. Ходяшев, А. Васильев-Асламас, Ф. Лукин т. ыт. те лайăх тĕслĕхсем кăтартрĕç. Çав шутра — хĕлĕхлĕ инструментсем валли çырнă 3 квартет, фортепиано валли çырнă соната, тĕрлĕрен инструментсем валли çырнă пысăк мар пьесăсем, романсем.

Иртнĕ сакăр çул хушшинче юрă жанрĕ те малалла аталанса пычĕ. Çак жанрпа ĕçлекен Ф. Лукин, Г. Лебедев, Г. Хирбю, А. Тогаев тата ытти композиторсем паянхи пурнăçпа çыхăннă юрăсем 300 ытла çырчĕç.

Чăваш композиторĕсен чи лайăх юррисем—Ф. Лукинăн «Пире парти ырлăх пачĕ», «Çамрăксен юрри», «Салам, Мускав!»; Г. Лебедевăн «Колхозниксен хорĕ», «Атăл çинче», «Тальника»; Г. Хирбюн «Парти çинчен хунă юрă», «Колхоз такмакĕсем», «Çĕмĕрт»; А. Тогаевăн «Вăйăра», «Суллахи ир»; А. Токаревăн «Пирĕн яла пырса кĕрсен»; Т. Фандеевăн «Колхозниксен ĕç юрри»; Ф. Васильевăн «Кÿршĕ каччи»; А. Васильев-Асламасăн «Мир юрри» т. ыт. те—юратнă юрăсем пулса тăчĕç.

Юлашки виç-тăватă çул хушшинче кăна çырма тытăннă çамрăк композиторсем те лайăх юрăсем пачĕç. Н. Степановăн «Ĕç юрри», Ю. Мясниковăн «Колхоз хĕрĕсен юрри», А. Галкинăн «Пирĕн кас хĕрĕсем», «Шупашкар саламĕ» юрăсем хор коллективĕсен репертуарне кĕчĕç.

Чăваш совет музыки реализмла произведенисемпе пуянланса, ÿсĕм çулĕпе аталанса пырать. Халĕ пирĕн композиторсем классикла музыкăн пур жанрĕпе те ĕçлеççĕ. Уйрăмах, çамрăк композиторсен творчествăлла активлăхĕ савăнтарать. Чăваш композиторĕсем çырнă чи лайăх произведенисем коммунизм тăвакан совет халăхне ĕçре хавхалантаракан произведенисем пулса тăчĕç.

Пирĕн музыкăн аталанăвĕнче çитменлĕхсем те нумай-ха. Эпир нумай çыратпăр, анчах та çырнă произведенисенчен пурнăçа тарăннăн сăнласа паракан лайăх произведенисем сахал. Ку вăл—халăх пурнăçне, унăн иксĕлми творчествине тĕплĕн вĕренсе пыманнинчен, халăхран аякра тăнинчен килет. Музыка искусствин пурнăçран юлса пымалла мар. Çавăн çинчен пире Коммунистсен партийĕн XX съезчĕн решенийĕсем татах та тепĕр хут асăрхаттарчĕç.

Хăшпĕр произведенисен художествăлла шайĕ çаплах çителĕклĕ мар-ха. Час-часах вăтам, шупка «сочиненисем», хăш чухне тата халтурăллă произведенисем те курма пулать. Çавăн пек сул «музыкăна» пирĕн халăх юратмасть, хаклаmасть.

Çакна манмалла мар: пирĕн музыка содержани пуянлăхĕпе кăна мар, художествăлла вăйĕпе те тата ăсталăхĕпе те çÿлти пусăмра пулма тивĕç. Профессилле пултарулăха куллен ÿстерсе пырасси — пирĕн чи пирвайхи задачăсенчен пĕри.

Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ Тăван çĕршыв экономикипе культурине малалла аталантарас тĕлĕшпе пĕтĕм тĕнчипе паллă историлле решенисем йышăнчĕ. Вăл совет халăхне коммунизм строительствин анлă программине пурнăçлассишĕн пĕтĕм вăя хурса ĕçлеме чĕнчĕ. Çак ĕçре совет искусствипе литератури те кая юлса пымалла мар.

Н. С. Хрущев юлташ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съездĕнче çапла каларĕ:

«Литературăпа искусствăра творчествăлла ĕçе коммунизмшăн кĕрешес тĕллеве пăхăнтарса туса пымалла, литературăпа искусство çынсен кăмăлне çĕклетĕр, вăсен ĕçе сирĕн ĕненес шухăш-кăмăла вăйлаттăр, социализмла ăнланулăха тата юлташла дисциплинăна аталантарса çирĕплетме пулăштăр».

Чăваш совет музыки парти кăтартнă тĕрĕс çулпа малалла та аталанса пырасса эпир шанатпăр.

**Юрий ИЛЮХИН.**
Музыковед.

### КИТАЙ ХАЛĂХ РЕСПУБЛИКИНЧЕ КПСС XX СЪЕЗЧĔН РЕШЕНИЙĔСЕН ПИЧЕТЛЕСЕ КĂЛАРНĂ

ПЕКИН, мартăн 8-мĕшĕ. (ТАСС). «Жэньминчубаньшэ» издательство (Халăх издательстви) КПСС XX съезчĕн материалĕсен пĕрремĕш сборникне пичетлесе кăларнă. Сборник тиражĕ—5 миллион экземпляр.

Сборникре КПСС XX съездĕнче КПСС Центральнăй Комитечĕн пĕрремĕш секретарĕ Н. С. Хрущев туса панă отчетлă доклад, çавăн пекех КПСС XX съезчĕ КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетлă докладĕ тăрăх йышăннă резолюци пичетленсе тухнă.

Çак кунсенче КПСС XX съезчĕн материалĕсен иккĕмĕш сборникĕ пичетленсе тухать. Сборникре СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганин КПСС XX съездĕнче тунă доклад тата ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе съезд панă Директивăсем пулаççĕ.

### ЧЕХОСЛОВАКИПЕ КАНАДА ХУШШИНЧИ СУТУ-ИЛУ ДОГОВОРĔ

ОТТАВА, мартăн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер кунта Чехословакипе Канада хушшинче тунă суту-илÿ килĕшĕвĕ çине алă пуснă. Килĕшÿ тăрăх Чехословаки пĕр çулталăк хушшинче Канадăран 100 пин тоннăран пуçласа 320 пин тонна таран тулă илет.

Чехословаки суту-илÿ делегацийĕн представителĕсем çапла каланă: чăннипе мĕн чухлĕ тулă илесси çак вăхăт хушшинче Канада Чехословакирен мĕн чухлĕ тавар туянинчен килет. Чехословаки, тенĕ вĕсем, Канадăна тĕрлĕ таварсем, çав шутра йывăр машиностроени продукцийĕ те сутма хатĕр тăрать.

Чехословаки суту-илÿ делегацийĕ çавăн пекех 40 пин тонна урпа туяннă.

### ХАНОЙРА СОВЕТ ФИЛЬМĔСЕНЕ КĂТАРТАÇÇĔ

ХАНОЙ, мартăн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Вьетнам Республикин культура министерстви Ханойри пысăк кинотеатрсенчен пĕринче Совет Союзĕн документальнăй кинофильмĕсене — Н. А. Булганинпа Н. С. Хрущев Индире, Бирмăра, Афганистанра пулнине тата КПСС XX съезчĕ мĕнле ĕçленине ÿкерсе илнĕ фильмсене—общественноçа кăтартнă. Кинофильмсене кăтартнă вăхăтра вĕсене куракансем темиçе хутчен тăвăллăн алă çупнă.

### АЛБАНИРИ ÇĔНЕ ЯЛХУÇАЛĂХ КООПЕРАТИВĔСЕМ

ТИРАНА, мартăн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Албанири хресченсем хушшинче ялхуçалăх кооперативĕсем тăвас юхăм анлă сарăлнă. Çĕршывăн тĕрлĕ районĕсенче çĕнĕ ялхуçалăх кооперативĕсем организациленни синчен хаçатсем кашни кунах пĕлтереççĕ. Юлашки икĕ уйăх хушшинче кăна Албанири ялхуçалăхĕнче 111 кооператив, 1954 çулта тунă мĕнпур кооперативсен хисепĕнчен 5 хут нумайрах, организациленĕ.

### СИНЬЦЗЯНРЕ ПЫСĂК ВОДОХРАНИЛИЩЕ ТĂВАÇÇĔ

ПЕКИН, мартăн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Синьцзянри çĕр мамăкĕ акса тăвакан районта, Тарим юханшывĕ пуçланнă вырăнта, пысăк водохранилище тăваççĕ. Ку вăл Игаллци текен водохранилище пулать. Водохранилищĕре 60 миллион кубометр шыв тăмалла. Çав шывпа пĕтĕмпе 30 пин гектар çĕре шăварма пулать.

### БИРМĂПА ЮГОСЛАВИ ХУШШИНЧИ ЭКОНОМИКĂЛЛА КИЛĔШÿСЕМ

РАНГУН, мартăн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Февралĕн 9-мĕшĕнчен пуçласа мартăн 7-мĕшĕччен Югославин экономика ыйтăвĕсемпе пынă миссийĕпе Бирма правительстви хушшинче калаçусем пулса иртнĕ. Калаçусем вĕçленнĕ май ĕнер Рангунра килĕшÿ туса алă пуснă; çав килĕшÿ тăрăх Югослави кашни çул Бирмăран 50 пин тонна рис илет, ун вырăнне Югославире туса хатĕрленĕ куллен кирлĕ таварсем, машинăсем, оборудовани тата ытти çавăн пек япаласем парать. Çавăн пекех тата икĕ çĕршыв техника тĕлĕшĕнчен пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлесси çинчен килĕшÿ тунă. Ку килĕшÿре пĕр-пĕрин çĕршывне эксперсем яма, халăх хуçалăхĕн тĕрлĕ отраслĕсенчи опытпа пĕр-пĕрне паллаштарма палăртнă. Кунсăр пуçне, икĕ çĕршыв промышленноçĕн тĕрлĕ отраслĕсене аталантарас тата сутăçанталăк ресурсĕсемпе усă курас тĕлĕшпе пĕр-пĕринпе нумай çулсем хушши килĕштерсе ĕçлесси çинчен калаçса татăлнă.

### ИОРДАНИН НАЦИ ОБОРОНИН МИНИСТРĔН ЗАЯВЛЕНИЙĔ

ДАМАСК, мартăн 9-мĕшĕ. (ТАСС). «Лисан аш-Шааб» хаçат Иорданин оборона министрĕ Фалах аль-Мададх тунă заявленине пичетлесе кăларнă. Заявленире вăл Арабсен легионĕн ĕлĕкхи командующийĕ Глабб генерал Иордани патриочĕсем тĕлĕшпе йышăннă репрессиллĕ мерăсене пурне те пăрахăçлани çинчен каласа панă. Иорданин сарĕн генеральнăй штабĕн офицерĕсем, Глабб приказĕсене пурнăçлама килĕшмен офицерсем тĕлĕшпе йышăннă мерăсене пĕтĕмпех пăрахăçланă.

Иордани оборона министрĕ кăларнă приказра уйчен Глабб приказĕ тăрăх арестленĕ тата Аль-Джафрти концентраци лагерьне хупнă офицерсене пурне те ирĕке кăларма хушнă.

# Чехословакири коммунистсем КПСС XX съезчĕн итогĕсене сÿтсе яваççĕ

ПРАГА, мартăн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Чехословаки телеграф агентстви пĕлтернĕ тăрăх, çĕршыври пур облаçсен центрĕсенче те Чехословакири Коммунистсен партийĕн актив пухăвĕсем пулса иртнĕ. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ тунă ĕçсен итогĕсем çинчен пухусенче Чехословакири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн членĕсем докладсем туса панă.

Докладчиксем çапла палăртнă: КПСС XX съезчĕ Совет Союзĕнчи пурнăçшăн кăна мар, пĕтĕм тĕнчери рабочисен юхăмĕшĕн те питĕ пысăк пĕлтерĕшлĕ событи пулса тăрать. Съезд пĕтĕмпех Ленин хушса хăварнисене пурнăçласа пырас шухăшпа иртнĕ. Ленин хушса хăварнисене пурнăçлас ĕçе парăнни, тесе палăртнă ораторсем, унăн вĕрентĕвне пĕрмаях йĕркеллĕн пурнăçласа пыни, ленинизма творчествăллăн малалла пуянлатса пыни тата унпа практикăлла ыйтусемпе теориллĕ ыйтусене татса парас ĕçре усă курни XX съездăн ĕçĕнче нимрен ытларах палăрса тăчĕ.

Этемлĕхĕн кучухнеки историйĕнчи фактсемпе событисенчен XX съезд тунă хăюллă та принциплă теориллĕ выводсем, тенĕ докладсенче, теори тĕлĕшĕнчен пысăк пĕлтерĕшлĕ пулса тăраççĕ, çавăн пекех вĕсем хальхи вăхăтра Коммунистсен партийĕсен тĕрĕс политики, çав шутра Чехословакири Коммунистсен партийĕн политики те, мĕнле пулмаллине кăтартса паракан программа пулса тăраççĕ.

Докладчиксем çакна уйрăмах палăртнă: парти пурнăçĕнчи Ленин туса хăварнă партилле йĕркесене пĕр вăхăтра пăснă пулсан, партин XIX съезчĕ хыççăн КПСС Центральнăй Комитечĕ парти пурнăçĕнче Ленин туса хăварнă йĕркесене пĕтĕмпех çĕнĕрен пурнăçласа пыма тытăннă. Уйрăм çынна ытла та пысăка хуни пула тата ленинла принципсене пăснине пула туха тăнă сиенлĕ йăласене пĕтернĕ, Совет Союзĕн пĕтĕм пурнăçĕнче партин ертсе пырас рольне çирĕплетнĕ.

Докладсенче Чехословакин экономикăлла положенине тĕплĕн тишкерсе тухнă, Чехословакири Коммунистсен партийĕ умĕнче промышленноçпа ялхуçалăх производствине малалла ÿстерсе пырас, Чехословакири ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатас тата культура шайне ÿстерес тĕлĕшпе тăракан задачăсене палăртнă.

Парти активĕн пухăвĕсенче КПСС XX съезчĕ идеологилле ĕç ыйтăвĕсем çинчен тата Коммунистсен партийĕн общество пурнăçĕнчи ролĕ çинчен панă кăтартусем Чехословакири компартишĕн пысăк пĕлтерĕшлĕ пулнине палăртнă.

# Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунне халăх демократи çĕршывĕсенче уявлани

Халăх демократи çĕршывĕсенчи ĕççыннисем Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунне анлăн уявланă. Праçник умĕнхи кунсенче хуласемпе ялсенче савăнăçлă пухусемпе вечерсем пулса иртнĕ. Хĕрарăмсен социализм строительствинчи активлă рольне сутатакан выставкăсем нумай организациленĕ.

Мартăн 7-мĕшĕнче каçхине Варшавăри Культурăпа канăç дворецĕнче савăнăçлă хару пулса иртнĕ. Унта ĕçре малта пыракан хĕрарăмсем, Наци фрончĕн Хĕрарăмсен лигин активисчĕсем пухăннă. Аслă шкулсен министрĕн заместителĕ К. Красовская доклад туса панă. Государство Совечĕ промышленноçпа ялхуçалăхĕнче малта пыракан хĕрарăмсене тата Хĕрарăмсен лигин активисчĕсене—пĕтĕмпе 250 ытла хĕрарăма—праçник ячĕпе правительство наградисем пама йышăннă. Ку наградăсене савăнăçлă парса панă.

Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунĕ ячĕпе Болгари столицинче—Софи хулинче пулнă савăнăçлă ларăва Болгарири Коммунистсен партийĕн тата правительствăн руководителĕсем, Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсен Болгарири посольствисен пуçлăхĕсемпе сотрудникĕсем пынă. Мартăн 8-мĕшĕ уявланă ятпа Халăх Пухăвĕн Президиумĕ нумай хĕрарăмсене «Ача амăшĕ-геройня» ятне панă, «Ача амăшĕн мухтавĕ» орденпа тата «Ача амăшĕ медалĕ» медальпе наградăланă; пĕтĕмпе 6.846 хĕрарăма наградăлама йышăннă.

Праçник умĕнхи кун Чехословаки Республикин столицинче—Прагăра савăнăçлă вечер иртнĕ. Унта республика президенчĕ Антонин Запотоцкий, Чехословаки правительствин членĕсемпе Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн членĕсем, общество организацисен представителĕсем, Албанири, Англири, Болгарири, Китайри, Францири, Италири, Венгрири, Демократиллĕ Германи Республикинчи, Федеральнăй Германи Республикинчи, Польшăри, Австрири, Румынири хĕрарăмсен организацийĕсен представителĕсем пулнă. Вечерта премьер-министр заместителĕ Вацлав Копецкий доклад туса панă.

Савăнăçлă вечера пухăннисем Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен демократилле федерацине тата Совет хĕрарăмĕсен фашизма хирĕç кĕрешес енĕпе ĕçлекен комитетне саламлă çырусем янă.

Мартăн 8-мĕшĕнче Чехословаки Республикин президенчĕ Антонин Запотоцкий Чехословакири хĕрарăмсен делегацине йышăннă, делегаци членĕсене тата Чехословакири мĕнпур хĕрарăмсене Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунĕ ячĕпе саламласа ырă сунnă.

Çак паллă куна уявланă ятпа Демократиллĕ Германи Республикинче пур çĕрте те савăнăçлă пухусем пулса иртнĕ. Пухусенче Демократиллĕ Германи Республикинчи хĕрарăмсем государство ĕçĕнче, хуçалăхра тата культура енĕпе тунă çитĕнÿсене, вĕсем рабочисемпе хресченсен Германи историйĕнчи пĕрремĕш государствине тĕреклетес, Демократиллĕ Германи Республикинче социализм никĕсне хывас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем тунине палăртнă. Германири Социалистсен пĕрлĕхлĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕ мартăн 8-мĕшĕнче мĕнпур нимĕç хĕрарăмĕсене чĕнсе саламлă çыру пичетлесе кăларнă.

Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунĕ ячĕпе Китай Халăх Республикинче, Демократиллĕ Корея Халăх Республикинче тата халăх демократиллĕ ытти çĕршывсенче савăнăçлă пухусем пулса иртнĕ. (ТАСС).

БУДАПЕШТ, мартăн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунне—мартăн 8-мĕшне Венгрире пур çĕрте те анлă уявлаççĕ. Промышленность предприятийĕсенче, учрежденисенче, çĕрĕç кооперативĕсенче, ялсенче уяв ячĕпе пухусемпе вечерсем иртереççĕ.

Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунне уявланă май Венгри Халăх Республикин Президиумĕ производствăра малта пыракан хĕрарăмсен пысăк ушкăнне правительство наградисем пама йышăннă. Сĕс фабрикинчи Лайошне Шерцер прядильщицăна Социализмла Ĕç Геройĕ ятне панă. Вăл Венгрире çак хисеплĕ ята илнĕ пĕрремĕш хĕрарăм.

Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунне уявланă май мартăн 7-мĕшĕнче Венгрири ĕççыннисен партийĕн Центральнăй Комитечĕ Венгрири хĕрарăмсене саламласа чĕнсе калани пичетлесе кăларнă.

# Лейпцигри çуркуннехи ярмарка ăнăçлă иртнĕ

БЕРЛИН, мартăн 9-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви Демократиллĕ Германи Республикин тулашри тата шалти суту-илÿ министерствин пĕлтерĕвне хаçатсенче пичетлеме панă. Пĕлтерÿре çапла каланă: Тĕнчери çĕршывсен Лейпцигри ярмарка 1956 çулхи февралĕн 26-мĕшĕнче пуçланнă та мартăн 8-мĕшĕнче хупăннă. Ярмарка ăнăçлă иртнĕ. Вăл социализмла государствăсен экономики, кризиссенчен ирĕклĕ экономика, питĕ хăвăрт вăйланса пынине кăтартса панă, обществăпа экономика тĕлĕшĕнчен тĕрлĕ системăллă государствăсем килĕштерсе пурăнма пултарассине тата çапла пурăнма кирлине ĕненмелле кăтартса паракан тĕслĕх пулнă.

Ярмаркăна 40 государство хутшăннă, унта 63 çĕршыв представителĕсем пырса кайнă, çав шутра унта ССР Союзĕн, Китай Халăх Республикин тата халăх демократиллĕ ытти çĕршывсен правительствисен делегацийĕсем, çавăн пекех тата Финляндин, Египетăн, Суданăн, Индин тата Бирмăн официальнăй представителĕсем пулнă.

Пĕлтерÿре çакна палăртнă: ярмарка вăхăтĕнче Демократиллĕ Германи Республикин тулашри суту-илÿ организацийĕсем тавар сутасси е илесси çинчен килĕшÿсем нумай тунă. Малтанлăха илнĕ сведенисем тăрăх, çакăн пек килĕшÿсем пĕтĕмпе 3 миллиард та 511 миллион тенкĕлĕх тунă.

Лейпцигра 1956 çулхи çуркунне пулнă ярмарка, тенĕ пĕлтерÿре, пĕтĕм Германире пĕр чăрмансăр суту-илÿ тăвас ĕçе анлă сарма кирлине Хĕвеланăç Германири экономика енĕпе ĕçлекенсен нумай ушкăнĕсем ăнланса илме пуçланине тепĕр хут çеç кăтартса пачĕ. Германин шалти суту-илĕвĕ нимĕçсен икĕ государствине çывăхлатмалли майсенчен пĕри пулса тăрать. Лейпцигри ярмарка вара Германин шалти суту-илĕвне вăйлатма пулăшнă.

Лейпцигри çуркуннехи ярмарка Хĕвелтухăçĕпе Хĕвеланăçĕ хушшинчи суту-илĕве анлă сарма лайăх майсем пуррине кăтартса панă тата тĕнчери çĕршывсем хушшинчи экономикăлла çыхăнусене çирĕплетме пулăшнă.

### ХĔВЕЛАНĂÇ ГЕРМАНИЕ РЕМИЛИТАРИЗАЦИЛЕНИНЕ ХИРĔÇ ПРОТЕСТЛЕÇÇĔ

БОНН, мартăн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Хĕвеланăç Германири «Нейе Рейн-цейтунг» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Хĕвеланăç Германие ремилитаризациленине хирĕç протестлесе Дюссельдорфра демонстраци иртнĕ. Демонстрантсем ремилитаризациленине хирĕç протестлесе çырнă лозунгсемлĕ транспарантсем çĕклесе пынă.

### МЕТАЛЛУРГИ ЗАВОЧĔ ЛАРТАССИ ÇИНЧЕН ИНДИ ПРАВИТЕЛЬСТВИПЕ СОВЕТ СПЕЦИАЛИСЧĔСЕМ ХУШШИНЧЕ ПУЛНĂ КАЛАÇУСЕМ

ДЕЛИ, мартăн 8-мĕшĕ. (ТАСС). «Хиндустан стандард» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Бхилаире металлурги завочĕ лартас ыйтупа Инди правительствипе совет специалисчĕсем хушшинче пынă калаçусем ăнăçлă вĕçленнĕ. Завод проектне юлашки ерне хушшинче Делире сÿтсе явнă. Çак проекта никĕсе хурса тунă килĕшÿ çине çывăх кунсенчех алă пусассине кĕтеççĕ.

Совет Союзĕ Индие пĕр миллион тонна хурçă тăратма пулнă. Ку ыйту тăрăх пĕтĕмпех калаçса татăлма Индие совет делегацийĕ пынă. Делегаци хальхи вăхăтра Калькуттăра. Унта хурçă хакĕпе пахалăхĕ çинчен тата сÿтте асăннă сĕнĕве пурнăçласси çыхăннă ытти ĕçсем çинчен сÿтсе яваççĕ.

### СОВЕТ ГИМНАСЧĔСЕН УШКĂНĔ ДЕЛИ ХУЛИНЧЕ

Инди сывлăх министрĕ патĕнче пулнă йышăну

ДЕЛИ, мартăн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Инди сывлăх министрĕ Раджкумари Амрит Каур госпожа, совет гимнасчĕсем Дели хулине пынă май, вĕсене йышăннă. Йышăнура Инди премьер-министрĕ Неру, дипломати корпус членĕсем, спорт обществинсĕн представителĕсем пулнă.

Йышăну вăхăтĕнче совет спортсменĕсен кăтартуллă выступленийĕсем пулса иртнĕ. Ку выступленисем унта пухăннă çынсене кăмăла кайнă.

Йышăну хыççăн пресс-конференци пулса иртнĕ. Инди журналисчĕсем, Совет Союзĕнче спорт мĕнле сарăлнипе интересленсе, ыйтусем нумай панă. Вĕсен ыйтăвĕсем çине совет гимнасчĕсен руководителĕ И. Г. Чудинов, çавăн пекех çав ушкăнри гимнастсем ответленĕ.

### КАШМИР ÇИНЧЕН СЕАТО ЙЫШĂННА РЕШЕНИ ПИРКИ ИНДИ ПАРЛАМЕНТĔНЧЕ ЫЙТУ ПАНĂ

ДЕЛИ, мартăн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Инди парламенчĕн Халăх палатинче Рам Субхаг Сингх депутат—Индири наци конгресĕ текен партин парламентри фракцийĕн секретарĕ Кашмир тĕлĕшпе СЕАТО йышăннă решени пирки Инди премьер-министрне Неруна ыйту панă.

Çак ыйту çине ответлесе, Дж. Неру: ку вăл—питĕ пысăк ыйту, тесе каланă.

### КАШМИР ПРЕМЬЕР-МИНИСТРĔН ЗАЯВЛЕНИЙĔ

ДЕЛИ, мартăн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Инди информаци бюровĕ пĕлтернĕ тăрăх, Джамму тата Кашмир штачĕн премьер-министрĕ Гулям Мохаммед Бакши ĕнер штатăн учредительнăй пухăвĕнче çапла каланă: юлашки 13 уйăх хушшинче Кашмирăн чикĕри районĕсене Пакистанăн хĕçпăшаллă отрячĕсем 68 хут тапăннă. Çапла тапăннă чухне штатра пурăнакансенчен 27 çынна вĕлернĕ. Бакши каланă тăрăх, çавăн пек тапăннине пула штат пурăнакансем чылай çиен курнă, вуншар пин рупий чухлĕ сиен пулнă.

### КĂНТĂР ВЬЕТНАМ ЮТ ÇĔРШЫВ ĔÇĔСЕН МИНИСТРĔН ЗАЯВЛЕНИЙĔ

НЬЮ-ЙОРК, мартăн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Ассошиэйтед Пресс агентствин корреспонденчĕ Сайгонран çапла пĕлтернĕ: ĕнер Кăнтăр Вьетнам ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Ву Ван Мау корреспондентсен ыйтăвĕсем çине ответленĕ, çавăн чухне вăл Кăнтăр Вьетнам СЕАТО çумне хутшăнма, унта «активлă партнер пулма» шутламан çинчен каласа панă.

Кăнтăр Вьетнам хăйне СЕАТО-па илме ыйтса çыру яни, е кун пирки США государство секретарĕ Даллес çитес эрнере Сайгонра пулнă чухне официальнăй йĕркепе ыйту лартать, тесе ыйтсан, Мау ку ĕç вăл—дипломати вăрттăнлăхĕ, тесе ответленĕ.

### ХĔВЕЛАНĂÇĔНЧИ ДЕРЖАВАСЕМ ВĂТАÇĔР ХĔВЕЛТУХĂÇĔНЧИ ÇĔРШЫВСЕНЕ ХИРĔÇ КИРЕВСĔР ĔÇСЕМ ТУМА ХАТĔРЛЕНЕÇÇĔ

НЬЮ-ЙОРК, мартăн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Хаçатсем тата агентствăсем пĕлтернинчен çакă паларать: араб çĕршывĕсене хĕсес шутпа США-па Англи пĕрле çар ĕç енĕпе мерăсем йышăнма хатĕрленеççĕ. Юнайтед Пресс агентстви Лондонран пĕлтернĕ тăрăх, Англи США-ран «халех» Багдадра тунă пакт çумне пĕрлешме, çапла майпа хĕвеланăçĕн Вăтаçĕр Хĕвелтухăçĕнчи вăйсăрланса çитнĕ влиянине хÿтĕлеме ыйтнă.

### СИРИ, ЕГИПЕТ ТАТА САУДОВСКИ АРАВИ ХУШШИНЧИ КАЛАÇУСЕМ

КАИР, мартăн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Египет президенчĕ Насер, Сири президенчĕ Куатли тата Саудовски Арави королĕ Сауд хушшинче пуçланнă калаçусем малалла пыраççĕ. Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, государствăсен пуçлăхĕсем араб çĕршывĕсен пĕрлĕхне çирĕплетесси çинчен тата вĕсем хăйсен хăрушсăрлăхне хÿтĕлес тĕлĕшпе пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлесси çинчен сÿтсе яваççĕ. Сăмахран, вĕсем Иорданпе «ют çĕршывсем кирек мĕнле майпа хĕснине те, ăна тапăнма хăтланнине те» хирĕç кĕрешнĕ çĕрте пулăшма мĕнле ĕçсем тумалли çинчен сÿтсе явнă.

Халиччен пулса иртнĕ ларусенче «пысăк пĕлтерĕшлĕ решенисем чылай йышăннă», тесе пĕлтерет «Аль-Гумхурия» хаçат.

# Шкулти истори кружокĕнче

Куславкка районĕнчи Тĕрлемесри вăтам шкулта истори кружокĕ ĕçлет. Истори кружокĕн членĕсем граждан вăрçи вăхăтĕнчи Тĕрлемесре пулнă событисемпе паллашма ятарласа конференци ирттернĕ. Конференци умĕн вĕсем çав вăхăтри событисене курнă çынсемпе тĕл пулса калаçнă, интереслĕ материалсемпе фактсем нумай пухнă.

...1918 çулта Хĕрлĕ Çар чаçĕсем белогвардеецсене хирĕç хĕрÿллĕн çапăçнă. Çапăçусем вырăссен аслă Атăл юханшывĕн çыранĕсем хĕрринче те пынă. Тăшман Сĕве хули çывăхĕнче Атăл урлă каçма шутланă. Белогвардеецсен командованийĕ, Хусан хулине çавăрса илнĕ хыççăн, Мускав еннелле наступлени туса пыма шутласа, Мускав—Хусан чугун çулне тытса илме ĕмĕтленнĕ. Çав çулпа Хĕрлĕ Çар чаçĕсем вăли çар çыннисем, хĕçпăшалпа боеприпассем, апат-çимĕç, обмундировани тата ытти япаласем пырса тăнă.

1918 çулхи августăн 28-мĕшĕнче шуррисен утă отрячĕ Тĕрлемес станцине çитме, чугун çула салатса пăрахма задани илнĕ. Наступлени пуçлас умĕн белогвардеецсем тупăсенчен пеме тытăннă, боеприпассем тиенĕ 8 вагона çĕмĕрнĕ. Станцине çав вăхăтра красногвардеецсен пĕчĕк отрячĕ кăна сыхласа тăнă. çавăнпа та белогвардеецсем çапăçура малтан хăшпĕр çитĕнÿсем тунă. Çак отряда пулăшма Хĕрлĕ Çарăн ытти отрячĕсем пырса çитнĕ хыççăн, шуррисен отрядне станци çывăхĕнчен хăваласа ярса, çĕмĕрсе тăкнă.

Белогвардеецсем Тĕрлемес станцийĕнчен малалла кайма пултарайман. Хĕвелтухăç фронтĕнче Хĕрлĕ Çар чаçĕсен вăйлă наступленийĕ пуçланнă.

Тĕрлемес станцине хÿтĕлесе çапăçнă вăхăтра 17 красноармеец паттăррăн вилнĕ. Кивĕ Тĕрлемес ял çыннисем вĕсене юман вăрманлăхĕн хĕррине илсе пырса хисеплĕн пытарнă. Пытарнă хыççăн станцире тăракан красноармеецсен отрячĕ пăшалсемпе персе салют панă.

Темиçе çул иртнĕ хыççăн вĕсен вилтăпри тавра тимĕр карта тытса çавăрнă. Халĕ вара ял çыннисем кашни çулах Майăн 1-мĕшĕнче тата ноябрĕн 7-мĕшĕнче, ялта митингсем пулса иртнĕ хыççăн, красноармеецсен вилтăпри патне пухăнса, пирĕн телейлĕ Тăван çĕршывшăн хăйсен пурнăçне панă Хĕрлĕ Çар воинĕсене асăнаççĕ.

Кружок членĕсене ĕççыннисем Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе Совет влаçĕшĕн паттăррăн кĕрешнине тĕплĕн ăнланма пулăшас шутпа конференцире пулнисенчен хăшĕсем хăйсем курнисене аса илсе каласа кăтартнă. Сăмахран, Тĕрлемес станцинче 1918 çулта стрелочник пулнă В. Гурьянов пенсионер, «Коммунар» колхозри ватă колхозник И. Никитин тата ытти юлташсем те Кивĕ Тĕрлемес тата Çĕнĕ Тĕрлемес ялĕсенчи ĕççыннисем Хĕрлĕ Çар чаçĕсене активлăн пулăшни çинчен каласа панă. Ял çыннисем вĕсене хăйсен лашисемпе тупăсем, боеприпассем турттарса панă. Хĕрлĕ Çарăн командованийĕ задани панă тăрăх, ялти çамрăксем шуррисен тылне разведкăна çÿренĕ, хĕрарăмсем çăкăр пĕçерсе, фронта ярса панă.

Истори кружокĕ вырăнти историе аса илес шутпа ятарласа ирттернĕ конференци ачасен ăнланăвне ÿстерме чылай пулăшрĕ. Вĕсем çак конференцире ватă рабочисемпе колхозниксем каласа панисене нихçан та манас çук. Истори кружокĕн ĕçне тивĕçлипе организацилени вĕсене шкулта вĕренсе илнĕ пĕлĕве çирĕплетме, вырăс халăхĕн паттăр историне лайăхрах ăнланса илме пулăшать.

Г. САХАЛКИН.

## Драма кружокĕн репертуарĕ пуянланса пырать

КАНАШ. Янмаккассинчи Доронин ячĕпе тăракан колхоз клубĕ çумĕнче драма кружокĕ ĕçлет. Кружок ĕçĕ лайăхланса тата унăн репертуарĕ пуянланса пырать. Колхоз клубĕн сцени çинче кăçалхи уйăх çурă хушшинче «Пĕрре Будапештра», «Авлантарчĕç», «Пĕр çемье», «Йăнăш утăм» пьесăсене лартса панă. Январь уйăхĕнче драмкружок коллективĕ Тутар республикинчи Терпит ялне кайса «Авлантарчĕç» пьеса лартса пачĕ. Кÿршĕри Сиккасси ялне кайса «Йăнăш утăм» пьеса кăтартнă. Спектакль курма 300 çын пынă.

И. ИВАНОВ.

## Пĕр миллион тенкĕ ытла тÿленĕ

ВĂРМАР. Районти тĕп перекет касси колхозниксемпе рабочисене тата служащисене государство заемĕсен выляйĕсем тăрăх юлашки икĕ уйăх хушшинче 1 миллион та 427 пин тенкĕ тÿленĕ.

Январь уйăхĕнче перекет кассисем государствăн 3 процентлă заемĕн облигацийĕсене 25.800 тенкĕлĕх сутнă.

### КОЛХОЗЛА ЯЛ ИЛЕМЛЕНЕТ

Умри айхăм вырăнта, пĕчĕк юханшыв хĕрринче, Пашалукасси илĕ курăнса ларать. Яла çитсе урампа пынă май çуртсем çине пăхса утатăн. Пĕри тепринчен илемлĕ.

Кунта «Красный Октябрь» колхоз членĕсем пурăнаççĕ. Иртнĕ икĕ çул хушшинче 30 çемье çĕнĕ пÿрт туса лартнă. Кашни пÿрт тăррине хăма, шифер, тимĕр витнĕ, ятарласа чĕлсе тунă турпас витсе лартнă.

Кăçал колхозниксем пÿрт тума 12 пура туса лартнă. Каллех çĕнĕ çуртсем хутшăнаççĕ. Ял илемленсех пырать.

А. АНИСИМОВ.

Муркаш районĕ.

### ТРАКТОРПА ĔÇЛЕМЕ ВĔРЕНЕÇÇĔ

Калининăри вăтам шкулта трактор патĕсене вĕрентмелли кружок организацилене. Кружока МТС инженерĕ Добрынский ертсе пырать. Ачасен теорие вĕренни çĕр пуçне час-часах МТС-а кайса унти ĕçсемпе паллашаççĕ. Çуркунне вĕсене тракторпа çÿреме право параççĕ.

Е. СЕРГЕЕВ.

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.

## ТЕАТР

ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО АКАДЕМИ ТЕАТРĔ. Мартăн 11-мĕшĕнче кăнтăрла вырăсла спектакль «Люська», каçхине — «Кремлевские куранты»; мартăн 12-мĕшĕнче чăвашла спектакль «Кай, кай Ивана». Спектакльсем кăнтăрла 12 сехетре, каçхине 7 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ.

## КИНО

«РОДИНА». Февралĕн 11-мĕшĕнче кăнтăрлахи сеанссенче илемлĕ фильм «Цирковое представление», каçхи сеанссенче—«Утраченные грезы»; концертсен залĕнче 10 сехет те 30 минутра илемлĕ фильм «Тень и свет».

Мартăн 12-мĕшĕнче кăнтăрлахи сеанссенче мультипликациллĕ фильмсем, каçхи сеанссенче илемлĕ фильм «Сегодня вечером все будет кончено»; концертсен залĕнче 10 сехет те 30 минутра «Жди меня».







РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-90, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—3-04, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00670. Типография №1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 946. Тираж 37.000 экз.